*Пĕтĕм тĕнчери пролетарисем, пĕрлешĕр!*




# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Верховнăй Совечĕн тата Министрсен Совечĕн органĕ

Орган Чувашского обкома КПСС, Верховного Совета и Совета Министров Чувашской АССР

№ 29 (20162) • Шăматкун, 1990 çулхи февралĕн 3-мĕшĕ • Хаçат 1918 çулхи февральтенпе тухать • Хакĕ 3 пус

*Ĕç коллективĕсенче*

## МАЛА ТУХНĂ

Шупашкар районĕнчи «Лапсарский» совхозри сĕт-çу ферминче ĕçлекенсем иртнĕ çула ăнăçлă вĕçлерĕç, районта чи пысăк кăтартусем турĕç.

Лапсар ферминче ĕçлекенсен кăтартăвĕ татах та сулмаклă. Халиччен кашни ĕнерен 5810 килограмм сĕт сунă коллектив районта мар, республикăра та пулманччĕ-ха. Тĕпрен илсен, ăратлăха çĕнетсе пынипе, выльăхсене тĕрлĕ пахаа апатпа ялан тулăх тăрантарнипе, ĕнесене куллен виçĕ хут сунипе тăвăççĕ ўсĕме кунти дояркăсемпе скотниксем.

Фермăра Мария Леонидовна Афандерова доярка уйрăмах хавхаланса ĕçлет. Ку ахальтен мар, ăна Пĕтĕм Союзри Халăх хуçалăх çитĕнĕвĕсен выставкин чи хаклă парнине — «Москвич» çăмăл автомашина панă. Мария Леонидовна, хăйне çирĕплетсе панă ушкăнти ĕнесенчен иртнĕ çул 6358-шар килограмм сĕт суса, республикăра та рекорд турĕ. Унăн ĕçри юлташĕ Мария Мироновна Яковлева та ултшар пин килограмма çывхарнă. Малта пыракан дояркăсен хăшпĕр ĕнисем хĕлĕ куллен 20—25-шер килограмм таран сĕт антараççĕ.

Совхозра хĕллехи тапхăрта выльăхсене тăрантарма пахаа утă, силос, сенаж, кăшман çителĕклĕ хатĕрленĕ.

Б. ЛЕВИН.

## ÇУРТ ХЫÇÇĂН ÇУРТ

Хуçалăхсем хушшинчи «Батыревская» строительство организацийĕ Нăрваш Шăхалĕнчи вăтам шкул çуртне тăвать. Пĕр миллион та 378 пин тенкĕлĕх тăракан объектра юлашки ĕçсем пыраççĕ. Февральте пĕтĕм ĕçе вĕçлессишĕн Вера Муллендеева, Андрей Муллендеев...

*Суйлав умĕн*



СЕНТЕРВĂРРИ РАЙОНĔНЧИ А. Г. НИКОЛАЕВ КОСМОНАВТ ЯЧĔПЕ ХИСЕПЛЕНЕКЕН КОЛХОЗРИ КОМСОМОЛЕЦСЕМПЕ ÇАМРĂКСЕН БРИГАДИ ЮЛАШКИ ИКĔ ÇУЛ ХУШШИНЧЕ СОЦИАЛИЗМЛА АМĂРТУРА ПАЛĂРМАЛЛАХ ÛСĔМ ТĂВАТЬ. БРИГАДА ВЛКСМ ОБКОМĔН ВЫМПЕЛНЕ ИЛМЕ ТИВĔÇЛĔ ПУЛНĂ. ПУЛТАРУЛЛИСЕМ ХУШШИНЧЕ — В. ГРИГОРЪЕВ, Н. НИКОЛАЕВ, В. ГРИГОРЬЕВ, В. ИЛЪИН, В. ГРИГОРЬЕВ ШОФЕРСЕМ. УПНЕР ЯЛĔНЧЕ ПУРĂНАКАНСЕМ (ТĂВАТТĂМĔШ БРИГАДА) ХУÇАЛĂХРИ ПАЛЛĂ ВОДИТЕЛЕ ВИТАЛИЙ ИЛЬИНА ШУРШĂЛ ЯЛ СОВЕЧĔН ДЕПУТАЧĔ ПУЛМА КАНДИДАТА ТĂРАТНĂ. В. ИЛЬИН ПĔРРЕМĔШ КЛАСЛĂ СПЕЦИАЛИСТ, ТЕХНИКĂНА ТА ЙĔРКЕЛЛĔ ТЫТАТЬ.

● В. Ильин шофер.

С. Игнатьев фотоўкерчĕкĕ.

## ТУЛЛИ КĂМĂЛПА САСĂЛАТĂП

Экономикăпа социаллă пурнăçа ихантарасшăн министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсем хăйсене хăйсем критиклесине канашлусенче илтнĕ-и эсир, хаçат-журналта вуланă-и? Эпĕ илтмен, вуламан та. Лайăх пурăнас тесен, лайăх ĕçлемелле, теççĕ. Рабочисемпе хресченсене пурнăçа çĕнетсе улăштарма пĕрмай чĕнсе калаççĕ. Чăн-чăн хресчен çĕре ĕлĕкет, юратă...

çыннине тĕплĕн пĕлме шутларăм. Массăллă информаци хатĕрĕсем суйлав кампанине анлă çутатаççĕ. Çакă шанархантарать: депутата суйлама таратнă кандидатсем хушшинче руководительсем нумай. Мĕншĕн çапла пулса тухнă-ха? Ертсе пыракансем нумай чухне хăйсен кандидатурисене хăйсемех сĕннĕ. Çавна май Советсене суйлавçăсен ыйтăвне туллин тивĕç...

Явăш çыннине, Н. А. Толстова (истори учительне) кăларса тухнă.

Мăн Явăшра пысăк та çутă пекарня çуртне туса петерсен, çак ăша кăмăллă, ĕçре вăр-вар хĕрарăма — виçĕ ача амăшне пекарня заведующийĕ пулма сĕнеççĕ. 1976 çулхи майăн 22-мĕшĕнче кунта пĕрремĕш çăкăр пĕçерсе кăларнă. Çавăнтанпах вăл пĕр улшăнмасăр ĕçлет, 20 ытла ялă çемçе кулачă çăкăр çитерет.

Ĕтĕрне хулинче пурăнакансем тараннах кунта пĕçернĕ çăкăр пахалăхне ырлаççĕ. Пĕр кăмакаран 204 буханкка тухать. Виçĕ смена ултшар кăмака çăкăр пĕçерсе кăларсан, 3.672 буханкка пулать. Хăшпĕр кун çак хисеп 4 ...

*Суйлавçă шухăшĕ*

## ПĔРРЕ ÇЕÇ ПУЛМАЛЛА МАР

РСФСР, Чăваш АССР тата вырăнти Советсен халăх депутачĕсене суйламалли кун — мартăн 4-мĕшĕ çывхарсах килет. Анчах нумай суйлав округĕнче, уйрăмах район тата ял Совечĕсене суйламалли округсенче пĕрер кандидат çеç регистрацилени шухăша ярать. Альтернативăсăр кандидат тăратни «суйлав» сăмах пĕлтерĕшĕпе çыхăнса тăмасть. «Суйлав» тени вăл темиçе япаларан пĕрне суйласа илес тенине пĕлтерет. Суйлав бюл...

# Чăваш АССР Министрсен Советĕнче

**Чăваш АССР Министрсен Совечĕн анлă ларăвĕнче 1989 çулта экономикăпа социаллă пурнăçа аталантармалли государство планне пурнăçланин итогĕсене пăхса тухнă.**

Çакна палăртнă: пĕлтер халăх хуçалăхĕн тĕп отраслĕсенче продукци хатĕрлессипе ытти ĕçсем пурнăçлассипе тата пулăшу ĕçĕсем туса парассипе каштах ўснĕ.

Çавăнпа пĕрлех республика халăх хуçалăхĕн аталанăвĕнче пĕлтĕр лару-тăрăва лайăхлатма, производствăна эффективлăрах йĕркелеме май килмен. Кашни вуннăмĕш предприяти (пĕрлешÿ) продукци парса тăмалли договор обязательствисене пурнăçлайман Потребительсене 22,5 миллион тенкĕлĕх продукци парса çитермен. «Шупашкарти электроаппаратура завочĕ», «Промприбор» производство пĕрлешĕвĕсем, «Контур» завод, Улатăрти «Электроприбор» тата «Электроавтомат» заводсем халăха кирлĕ таварсем палăртнинчен чылай сахалрах туса кăларнă. Унччĕнхи çулхипе танлаштарсан, 61 производство пĕрлешĕвĕпе предприяти продукци туса кăларассине чакарнă. Хăшпĕр предприятисенче хаклă изделисем туса кăларма, йÿнĕ япаласем туса кăларассинчен пăрăнма тата хакçене ÿстерсе яма тăрăшни палăрать.

Республикăри нумай колхозпа совхоз 1989 çулта пĕчĕк результатсемпе вĕçлерĕ. Улатăр, Сĕнтĕрвăрри районĕсенчи хуçалăхсем кашни гектартан пурĕ те 15,2 — 15,5 центнер çеç тĕштырă пухса илнĕ. Улатăр, Куславкка, Пăрачкав районĕсем 64—72 центнер çĕрулми пухса илнĕ. Республикăра, пĕтĕмĕшле илсен, тĕштырă, çĕрулми, пахчаçимĕç, улма-çырла сутмалли государство...

лăх профтехучилищĕсем ĕçе кĕртме пултарайман. Пурăнмалли уйрăм çуртсем тăвасси палăртнинчен юлса пырать. Ялсене газ кĕртмелли программа пурнăçланмасть.

Министрсен Совечĕ министерствăсемпе ведомствăсен, пĕрлешÿсен, район тата хула Совечĕсен ĕçтăвкомĕсен руководителĕсене 1989 çулта ĕçленин итогĕсене тата унăн результачĕсене, экономика реформи мĕнле пурнăçа кĕрсе пынине тараннăн тишкерме тата пулса тăнă йывăр лару-тăрăва çăмăллатас, экономикăна çирĕплетес тĕлĕшпе васкавлă мерăсем йышăнма хушнă.

Чăваш АССРĕн 1989 çулхи государство бюджетне пурнăçланин итогĕсене пăхса тухнă чухне çакна палăртнă: республика бюджетне тупăшсем енĕпе 106,7 процент пурнăçланă, çавăн пекех мĕнпур районсемпе хуласен бюджечĕсем пурнăçланнă Апла пулин те предприятисен финанс тĕлĕшĕнчи лару-тăрăвне лайăхлатас, отраслĕсен экономикине çирĕплетес тĕлĕшпе палăртнă мерăсем вăраххăн пурнăçа кĕрсе пыраççĕ. Финанс кăтартăвĕсем тăрăх йышăннă плансене 27 промышленность предприятийĕ тултараймарĕ, вĕсем 6,2 миллион тенкĕлĕх тупăш илеймен. Перекетлĕх режимĕ хуçалăха тытса пымалли тĕп меслет пулса тăмалли-ха, тăкаксемпе сухатуман-ха, çакă сахал мар пулаççĕ, çавсем сахал ка тупăш илмелли плана тултарма чăрмантарать. Чугун çул вагонĕсене вăхăтра пушатманнине пула «Чувашавтодор», «Чувашторгпром», ...

хуласен ĕçтăвкомĕсен руководителĕсене палăртнă ситменлĕхсене пĕтерме, предприятисемпе пĕрлешÿсен финанспа хуçалăх ĕçне лайăхлатма, çавна май республикăна тата унăн регионĕсене экономикăри хăйтĕллĕнлĕх çине куçарма хатĕрлес тĕлĕшпе палăртнă мероприятисене пурнăçласси çине тимлĕрех пăхма хушнă.

Министрсен Совечĕн Президиумĕ «Канаш районĕнчи халăх депутачĕсен вырăнти Совечĕсен ĕçтăвкомĕсем РСФСР, Чăваш АССР тата халăх депутачĕсен вырăнти Совечĕсен суйлавне хатĕрленсе ирттерес тĕлĕшпе мĕнле ĕçлени çинчен» ыйту пăхса тухнă. Çакна палăртнă: районта суйлава хатĕрленес ĕçсене демократиллĕ никĕс çинче туса ирттереççĕ, çак ĕçе халăх активлă хутшăнать. Мĕнпур ĕççене РСФСР. Чăваш АССР Конституцийĕсен положенийĕсемпе тата çĕнĕ суйлав законĕсемпе килĕшÿллĕн пурнăçлаççĕ. Суйлав умĕнхи пухусенче кандидатурăсене ирĕклĕн сÿтсе яваççĕ. Çавăнпа пĕрлех районта суйлав кампанийĕ çенетÿ, демократизаципе уççăнлăх требованийĕсене туллин тивĕçтертĕр тесе, мĕнпур майсемпе туллин усă курмаççĕ.

Массăллă-политикăлла ĕçпе агитаци ĕçне йĕркелес енĕпе пысăк ситменлĕхсем пур. Хăшпĕр ял Совечĕсен территорийĕсенчи ĕç коллективĕсенче тата халăх пурăнакан вырăнта суйлав пирки ăнлантарса парас ĕçе йĕркелемен. Культура учрежденийĕсем те суйлав кампанине хутшăнман-ха. Халăха ăнлантарса парас ĕçре курăнакан агитаципе массăллă информаци хатĕрĕсен майĕсемпе ситĕлĕксĕр усă кураççĕ, суйлав умĕнхи кампанире пухнă паха опытпа çĕнĕ формăсене пропагандăламаççĕ. Халăх депутачĕсен район тата ял Совечĕсен ĕçтăвкомĕсем ... аталантарас енĕпе ситĕлĕксĕр ĕçлеççĕ. Иртнĕ суйлавра 22 кăна депутатсем пурнăçламан. Халăхăн суту-илÿ ... не йăлана ... тивĕçтерес ĕçре те пысăк ситменлĕхсем...

Совхозра хĕллехи тапхăрта выльăхсене тăрантарма паха утă, силос, сенаж, кăшман çителĕклĕ хатĕрленĕ.

Б. ЛЕВИН.

## ÇУРТ ХЫÇÇĂН ÇУРТ

Хуçалăхсем хушшинчи «Батыревская» строительство организацийĕ Нăрваш Шăхалĕнчи вăтам шкул çуртне тăвать. Пĕр миллион та 378 пин тенкĕлĕх тăракан объектра юлашки ĕçсем пыраççĕ. Февральте пĕтĕм ĕçе вĕçлессишĕн Вера Мулендеева, Андрей Мулендеев, Галина Гордеева бригадисем хастар ĕçлеççĕ. Шел пулин те, халлĕхе столовăй валли оборудовани, партăсем çитмеççĕ. Спорт вăййисен площадкине йĕркелемелле, тирпей-илем кĕртмелле.

Строительсем иртнĕ çул «Маяк» колхозра 50 вырăнлăх ача сачĕ тунă. Халĕ çул-йĕр юсакан участокпа пĕрле 18 хваттерлĕ çурт лартма тытăннă, çу завочĕн котельнăйне купалаççĕ. «Гвардеец» колхозри Культура керменĕ те — кăçал хута ямалли объектсен шутĕнче.

Е. АНДРЕЕВ.

## ĂМĂРТУРА ÇĔНТЕРНĔ

«Лад» проектпа строительство пĕрлешĕвĕн 103-мĕш строительствăпа монтаж управленийĕ январь планне графикран маларах тултарнă. Пĕлтĕрхи ĕç кăтартăвĕсемпе те вăл Çĕнĕ Шупашкарти строительство организацийĕсем хушшинче пĕрремĕш вырăн йышăннă.

Анăçлă ĕçре А. Яковлева, Н. Семенова ертсе пыракан бригадăсен тӳпи те пур. Вĕсем задание уйăхран уйăха ирттерсе пурнăçланипе пĕрлех ĕç пахалăхĕшĕн нумай тăрăшаççĕ. Халĕ çак бригадăсем Винокуров урамĕнчи 80 вырăнлă кафе çуртне хăвăртрах ĕçе кĕртме тăрăшаççĕ.

О. УСАН.

## ТОРФ КĂЛАРАÇÇĔ

ÇĔМĔРЛЕ. Районти колхозсемпе совхозсенче тырпул тухăçĕшĕн хĕрӳ кĕрешӳ пуçланă. Пур хуçалăхра та пĕрремĕшпе иккĕмĕш класлă вăрлăх хатĕрленĕ. Халĕ уй-хире торф, тислĕк турттараççĕ.

Ку енĕпе колхозсемпе совхозсене «Урожай» производство пĕрлешĕвĕн коллективĕ нумай пулăшать. Çуркуннеччен механизаторсем 60 пин тонна торф кăларма палăртнă.

Ку ĕçре В. Г. Ерылаков, А. Г. Кириллин, С. А. Учаев водительсем, В. Ф. Груданов, В. П. Ежов механизаторсем ырă тĕслĕх кăтартаççĕ.

Г. АЛЕКСАНДРОВ.

# ТУЛЛИ КĂМĂЛПА САСĂЛАТĂП

[illegible] вăçа юхантарнăшăн" министерствăсемпе ведомствăсен руководителĕсем хăйсене хăйсем критиклениие канашлусенче илтнĕ-и эсир, хаçат-журналта вуланă-и? Эпĕ илтмен, вуламан та. Лайăх пурăнас тесен, лайăх ĕçлемелле, теççĕ. Рабочисемпе хресченсене пурнăçа çĕнетсе улăштарма пĕрмай чĕнсе калаççĕ. Чăн-чăн хресчен çĕре ĕлĕкех юратнă, ун тухăçлăхне ӳстерме тăрăшнă. Чăн-чăн рабочи — заводра-и е фабрикăра, е пысăк стройкăра — яланах çанă таварса ĕçленĕ. Апла пулин те, çĕршыв чухăн пурăнать. Сăлтавĕ бюрократла аппарат системинче мар-и?

Çакăн пек шухăш суйлав умĕнхи тапхăрта уйрăмах вăйланать. Ака, мартăн 4-мĕшĕ — РСФСР, Чăваш АССР тата вырăнти Советсен халăх депутачĕсене суйламалли кун иккенне пĕлтĕмĕр. Депутат мандачĕшĕн тĕрлĕ професси, тĕрлĕ ăру представителĕсем кĕрешеççĕ.

Çак статьяна çыриччен çынсем мĕн каланине, мĕн [illegible] ларам. Массăллă информаци хатĕрĕсем суйлав кампанине анлă çутатаççĕ. Çакă пăшăрхантарать: депутата суйлама тăратнă кандидатсем хушшинче руководительсем нумай. Мĕншĕн çапла пулса тухнă-ха? Ертсе пыракансем нумай чухне хăйсен кандидатурисене хăйсемех сĕннĕ. Çавна май Советсене суйлавçăсен ыйтăвне туллин тивĕçтерме пултарайман çынсем лекеççĕ. Депутат пулма тивĕçлĕ çамрăксем çук-ши вара пирĕн хушăра? Хĕрарăмсем те списокра сахал. Мăн Явăш ял Советне суйлама 21 суйлав округĕ туса хунă. Анчах вуниккĕшĕнче кăна альтернативлă кандидатсем тăратнă.

Тăван ен историйĕпе интересленнĕ май, эпĕ депутата суйлама тăратнă кашни кандидатах лайăх пĕлетĕп. Нумайăшне ырламалла çеç. Вĕсен шутĕнче — Тамара Михайловна Толстова. Вăл 1937 çулта Кивъял Шăмат ялĕнче çуралнă. Вăтам шкул хыççăн колхозра ĕçлеме юлнă. 1956 çулта Мăн Явăш сыннине, Н. А. Толстова (истори учительне) качча тухнă.

Мăн Явăшра пысăк та çутă пекарня çуртне туса петерсен, çак ăшă кăмăллă, ĕçре вăр-вар хĕрарăма — вăл ĕçе ача амăшне пекарня заведующийĕ пулма сĕнеççĕ. 1976 çулхи майăн 22-мĕшĕнче кунта пĕрремĕш çăкăр пĕçерсе кăларнă. [illegible] вăл пĕр улшăнмасăр ĕçлет, 20 ытла яла çемçе кулачă, çăкăр çитерет.

Етĕрне хулинче пурăнакансем таранах кунта пĕçернĕ çăкăр пахалăхне ырлаççĕ. Пĕр кăмакаран 204 буханка тухать. Виçĕ смена улттăр кăмака çăкăр пĕçерсе кăларсан, 3.672 буханка пулать. Хăшпĕр кун çак хисеп 4 пине те çитет. Т. М. Толстова рабочисенчен çирĕп ыйтать. Еçкĕпе иртĕхекенсем е йĕркене пăсакансем çук.

Мана вăл хăйне кандидата тăратиччĕнех депутат ĕçне туса пынăн туйăнать. Çурт-йĕр лартакансене пулăшать, урама тирпей-илем кĕртес ĕçе хутшăнать. Çăлсем юхăнас пулсассăн та ăна ял Советĕнче куратăн, чирлĕ çынна е инвалида пулăшма та яланах хатĕр, вĕсене çăкăрпа тивĕçтерме ятарласа çын тупать...

А. ТРОФИМОВ,
Мăн Явăш ял Советне кĕрекен 1-мĕш округри суйлавçă.
Етĕрне районĕ.

# КИВĔ МЕСЛЕТПЕХ

**МУРКАШ РАЙОНĔНЧИ СУЙЛАВ КОМИССИЙĔ РАЙОН СОВЕЧĔН ДЕПУТАЧĔСЕМ ПУЛМА ТĂРАТНĂ КАНДИДАТСЕН СПИСОКНЕ «ÇĔНТЕРӲ ЯЛАВĔ» ХАÇАТРА ПИЧЕТЛЕСЕ КĂЛАРЧĔ. ВĔСЕМПЕ ПАЛЛАШНĂ ХЫÇÇĂН ПУÇРА ТĔРЛĔ ШУХĂШ ÇУРАЛЧĔ, СУЙЛАВА ХАТĔРЛЕНЕС ĔÇЕ ПОЛИТИКА ТĔЛĔШĔНЧЕН ÇИТЕЛĔКСĔР ЕРТСЕ ПЫНИ ПАЛĂРЧĔ.**

СУЙЛАВ умĕнхи кампание кивĕ меслетсемпех йĕркелесе пыраççĕ. Хальхи хăшпĕр депутатсене, халăхшăн ним те тумарĕç пулин те, тепĕр хут кандидата тăратнă. Магазинсенчи пушă сентресене, ĕççынисен пурнăç условийĕсем лайăхланманнине курса тăрсах вĕсем депутата суйланма килĕшнĕ.

Суйлав комиссийĕсем, партипе совет работникĕсенчен иртеймесĕр, халăхăн мĕнпур сийĕсемпе социаллă ушкăнсен представителĕсене кандидата тăратассишĕн тăрăшмарĕç. Пухусене вĕсем мар, парторганизаци секретарĕсем, ял Совечĕсен ĕçтăвкомĕсен председателĕсем ертсе пычĕç. Кандидатсен ретне колхозсемпе ĕçтăвком председателĕсем, совхоз, завод, шкул директорĕсем, тĕп специалистсем ытларах лекрĕç. Ака вĕсем: Муркашри юсавпа техника предприятийĕн директорĕ В. Казаков, унăн заместителĕ В. Мудров, район больницин тĕп врачĕ В. Виноградов, унăн заместителĕ И. Лобачева, Муркашри строительство организацийĕн начальникĕ Н. Гусак, унăн заместителĕ С. Горланов тата ыттисем.

Хăшпĕр ял Совечĕсенче вара колхоз председательне те, парти организацийĕн секретарьне те, ял Совечĕн ĕçтăвкомĕн председательне те кандидата тăратнă. Ялсенче урăх çынсем çук-ши? Нумайăшĕ альтернативлă кандидатсемсĕрех. Кулăшла пулин те, район совечĕн депутачĕсем пулмалли кандидатсем хушшинче виçĕ колхозник, пĕр механизатор, тăватă водитель кăна. Дояркăсем, ĕç ветеранĕсем, Аслă Отечественнăй вăрçа хутшăннă çынсем çук.

Пĕр учрежденирен, колхозран е совхозран тăратнă кандидатсем нумайăн те тĕлĕнтерчĕ. Списокра урамсенчен, ялсенчен, çынсем пурăнакан вырăнсенчен тăратнă кандидатсем курăнмарĕç. Уйрăмах округри суйлавçăсем хăйсем мар, урăх çĕртен кандидатсем тăратни пăшăрхантарать пире.

Г. ИЛЬИН,
ĕç ветеранĕ.

*Çуракине хатĕрленсе*

# КĂÇАЛХИ ТУХĂÇШĂН

Вуниккĕмĕш пилĕкçуллăхăн юлашки çулĕнче Ленин ячĕпе хисепленекен колхоз ĕçченĕсем гектар пуçне 28 центнер тĕштырă, 180 центнер çĕрулми, 500 центнер выльăх кăшманĕ туса илме тĕллев лартнă.

Халĕ çуракине пикенсех хатĕрленеççĕ. Тĕп мастерскойĕнче юсава тăватă трактор лартнă. А. Петров, С. Андриянов, В. Арефьев, Г. Григорьев механизаторсем вĕсене çывăх кунсенчех хатĕрлесе лартаççĕ. А. Артемьев шофер хăйне çирĕплетсе панă бензовоза, Г. Верхилеев механизатор хăйĕн тракторне йĕркене кĕртеççĕ. Герман Анисимович паркри чи опытлă механизаторсенчен пĕри. Вăтăр çичĕ çул вăл Апаш тăрахĕнчи уйсенче тырпул ӳстернĕ, сахал мар çамрăка тракторпа ĕçлеме хăнăхтарнă.

Вăл вĕрентнĕ мастер-наладчик В. Алексеев ĕçе çăмăллатмалли, ĕç тухăçлăхне ӳстермелли майсене шырать, рационализаторла сĕнӳсем парать. Нире вăл электрооборудовани тĕрĕслеме хăй майлаштарнă стендпа паллаштарчĕ. Унпа халĕ туллин усă курать. Топливо аппаратурин форсункисене ĕçлеттерсе пăхмалли стенд та йĕркеллĕ ĕçлет.

Паркра, котельнăй тума купаланă çуртра, ялхуçалăх машинисене тĕрĕслесе пăхмалли мастерской уçнă. Гаража, юсав мастерскойне, техобслуживани тумалли участока, механизаторсен çуртне ăшăтма кунта электричество вăйĕпе усă кураççĕ.

Апрелĕн 1-мĕшĕ тĕлне пĕтĕм техникăна юсаса лартмалла. Çак тĕллевпе ĕçлесçĕ халĕ мастерскойри Н. Скворцов, Г. Федоров, В. Шмелев, Н. Смирнов слесарь-юсавçăсем. Кашни сеялкăна, культиватора тата ытти машинăсене комисси тĕрĕслесе йышăнать.

Юсавлă тракторсем паркра усăсăр лармаççĕ, фермăсенчи тислĕке уя кăларнă çĕрте механизаторсем йышлăн ĕçлеççĕ.

Л. БЕЛОВ,
хаçатăн штатра тăман корреспонденчĕ.
Шупашкар районĕ.

# ПĔРРЕ ÇЕÇ ПУЛМАЛЛА МАР

РСФСР, Чăваш АССР тата вырăнти Советсен халăх депутачĕсене суйламалли кун — мартăн 4-мĕшĕ çывхарсах килет. Анчах нумай суйлав округĕнче, уйрăмах район тата ял Совечĕсене суйламалли округсенче пĕрер кандидат çеç регистрациленн шухăша ярать. Альтернативăсăр кандидат тăратни «суйлав» сăмах пĕлтерĕшĕпе çыхăнса тăмасть. «Суйлав» тени вăл темиçе япаларан пĕрне суйласа илес тенине пĕлтерет. Суйлав бюллетенĕ çине пĕр кандидат ятне çеç кĕртнĕ пулсан, суйласа илме май килмест, уншăн сасăлама çеç пулать. Ку «демократи» сăмахăн пĕлтерĕшне те хавшатать. Мартăн 4-мĕшне эпир «суйлав кунĕ» тетпĕр, «сасăламалли кун» теместпĕр.

Суйлав бюллетенне кĕртнĕ пĕртен-пĕр кандидатшăн сасăланă чухне суйлавçăсенчен çурри ытла хирĕç сасăларĕç пулсан, каллех тепĕр хут суйлав ирттерме тивет. Хăшпĕр союзлă республикăсенче иртнĕ суйлавсем те çакна çирĕплетсе параççĕ. Ку каллех çĕршывшăн темиçе çĕршер пин тенкĕ усăсăр тăкаклани, пысăк чармав пулать.

Çавăнпа та манăн çакăн пек шухăш пур: суйлав бюллетенĕнче икĕ кандидатран кая мар пулмалла. Иккĕшĕнчен пĕрне суйласа илме май пултăр. Хăш кандидат ытларах сасă пухать, çавă депутат пулать. Бюллетеньре икĕ кандидатран ытларах пулсан, суйлавçăсенчен ытларахăшĕ хăш кандидатшăн сасăланă, çав суйлантăр. Çапла тусан, темиçе хутчен суйлав ирттермелле пулмĕ. Ку тĕлĕшпе хальхи суйлав законодательствине улшăнусем кĕртмелле.

А. СТЕПАНОВ,
ĕçпе вăрçă ветеранĕ.
Çĕрпӳ районĕ.
Çырмапуç ялĕ.

[illegible] ĕнчен чылай сахалрах туса кăларнă. Унччченхи çулхипе танлаштарсан, 61 производство пĕрлешĕвĕпе предприяти продукци туса кăларассине чакарнă. Хăшпĕр предприятисенче хаклă изделисем туса кăларма, йӳнĕ япаласем туса кăларассинчен пăрăнма тата хаксене ӳстерсе яма тăрăшни палăрать.

Республикăри нумай колхоза [illegible] 1989 çула пĕчĕк результатсемпе вĕçленĕ. Улатăр, Сĕнтĕрвăрри районĕсенчи хуçалăхсем кашни гектартан пурĕ те 15,2 — 15,5 центнер çеç тĕштырă пухса илнĕ, Улатăр, Куславкка, Пăрачкав районĕсем 64—72 центнер çĕрулми пухса илнĕ. Республикăра, пĕтĕмĕшле илсен, тĕштырă, çĕрулми, пахчаçимĕç, улма-çырла сутмалли государство заказне пурнăçламан. Хăшпĕр районсемпе хуçалăхсенче «Килти хушма хуçалăх» программăна пурнăçлас тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Предприятисемпе организацисен хушма хуçалăхĕсенче апатçимĕç ресурсĕсем ытларах туса илмелли майсемпе кирлĕ пек усă курмаççĕ. Колхозсемпе тата совхозсемпе 1990 çулта ялхуçалăх продукцийĕ парса тăрасси çинчен договорсем тăвас енĕпе те ĕçлеме васкамаççĕ.

Пĕлтĕр капитальнăй строительствăра лару-тару йывăрланнă. Государствăпа колхозсен укçи-тенкипе 3,2 пин тăваткал метр пурăнмалли çурт-йĕр, 920 вырăнлă шкул çулне çитмен ачасен учрежденийĕсем, 140 вырăнлăх больницăсем тата 90 вырăн[illegible] республика бюджетне тупăшсем енĕпе 106,7 процент пурнăçланă, савăн пекех мĕнпур районсемпе хуласен бюджечĕсем пурнăçланнă. Апла пулин те предприятисен финанс тĕлĕшĕнчи лару-тăрăвне лайăхлатас, отрасльсен экономикине çирĕплетес тĕлĕшпе палăртнă мерăсем вăраххăн пурнăça кĕрсе пыраççĕ. Финанс кăтартăвĕсем тăрăх [illegible] планне 27 [illegible] йĕ тултарайман, вĕсем 6,2 миллион тенкĕлĕх тупăш илсе çитереймен. Перекетлĕх режимĕ хуçалăха тытса пымалли тĕп меслет пулса тăман-ха, тăкаксемпе çухатусем сахал мар пулаççĕ, çакă тупăш илмелли плана тултарма чăрмантарать. Чугун çул вагонĕсене вăхăтра пушатманнине пула «Чувашавтодор», «Чуваштоппром», «Чувашместпром» пĕрлешӳсен тата агропромышленность комплексĕн предприятийĕсем пысăк штраф тӳленĕ.

Мерăсем йышăнаççĕ пулин те, государство укçи-тенкиве тĕлли-паллисĕр тăкакланă, укçа-тенкĕ парса çитереймен, ăна ытлашши салатса пĕтернĕ тата саратнă тĕслĕхсем сахал мар тĕл пулаççĕ. Халăха вĕрентес ĕç, культура, сывлăха сыхлас ĕç, суту-илӳ, пурăнмалли сурт-йĕрпе коммуналлă хуçалăх тата агропромышленность комплексĕн учрежденийĕсемпе организацийĕсенче укса-тенке закона пăсса тăкакланă тĕслĕхсене тупса палăртнă.

Министрсен Совечĕ министерствăсемпе ведомствăсен, территори производство пĕрлешĕвĕсен, районсемпе [illegible] районан вырăнти суйлав пирки ăнлантарса парас ĕçе йĕркелемен. Культура учрежденийĕсем те суйлав кампанине хутшăнмаç-ха. Халăха ăнлантарса парас ĕçре нумай-нумай агитаципе массăллă информаци хатĕрĕсен майĕсемпе çителĕксĕр усă кураççĕ. суйлав умĕнхи кампанире пухнă паха опытна сĕнĕ формăсене пропагандăламаççĕ. Халăх депутачĕсен район тата ял Совечĕсен ĕçтăвкомĕсем [illegible] аталантарас енĕпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Иртнĕ суйлавра депутатсен 22 наказне пурнăçламан. Халăхăн суту-илӳпе йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçре те пысăк çитменлĕхсем пур. Инвалидсен, чирлĕ çынсемпе пĕччен пурăнакан ватă граждансен, вăрçăпа ĕç ветеранĕсен, нумай ачаллă çемьесен ыйтăвĕсене тивĕçтерес енĕпе тимлĕ ĕçлемеççĕ. Телефон сыхăнăвĕпе радио ĕçлемен пирки те ял çыннисем сахал мар ӳпкелешсе калаçаççĕ. Преступлени тăвасси ӳсни уйрăмах пăшăрхантарать.

Министрсен Совечĕ Канаш район Совечĕн ĕçтăвкомне суйлава хатĕрленес тĕлĕшпе мĕнле ĕçленине тăтăшах контроллеме, суйлав кампанийĕ мĕнле пыни çинчен уççăн пĕлтерсе тăма, суйлав комиссийĕсене ĕçре практикăлла пулăшу пама, граждансенчен, ĕç коллективĕсенчен, общество организацийĕсенчен тата суйлав комиссийĕсенчен килекен сĕнӳсене, вĕсĕм асăрхаттарса каланисене тимлĕ пăхса тухма хушнă.

Ларура халăх хуçалăхĕн ытти хăшпĕр ыйтăвĕсене пăхса тухнă.

# ТĔНЧЕ УÇЛĂХĔНЧИ СĂНАВСЕМ

**ВĔÇЕВЕ ЙĔРКЕЛЕСЕ ТĂРАКАН ЦЕНТР, февралĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС).**

**Вĕçев программипе килĕшӳллĕн Александр Викторенкăпа Александр Серебров карап ăшĕнчен тĕнче уçлăхне тăваттăмĕш хут тухнă, космонавт-пилот тытса пыракан комплекс тулашĕнче куçмалли установкăна пирвайхи хут сăнаса пăхнă.**

**Космонавт комплекс тулашĕнче куçса çӳремелли установкăна орбитăна «Квант-2» модульпе илсе çитернĕ. Çав аппаратăн реактивлă двигательсем пур, вĕсем хĕснĕ сывлăш вăйĕпе ĕçлеççĕ. Çавăн пекех аппарат çинче электроэнерги парса тăмалли, куçăма йĕркелемелли автономиллĕ системăсем, радиотелеметри системисем вырнаçтарнă. Установка çинче çавăн пекех комплекс патне çыхармалли устройство çумне сыпăнмалли ятарлă узел пур. Устройствăна космонавтсем мăптан тĕнче уçлăхне тухсан вырнаçтарнă.**

**Паян тĕнче уçлăхĕнче çӳлерех асăннă установкăпа Александр Серебров ĕçленĕ.**

**Тĕнче уçлăхĕнче комплекс тулашĕнче куçса çӳремелли установкăна тепĕр хут февралĕн 5-мĕшĕнче сăнаса пăхма палăртнă. Ун чухне установкăна экипаж командирĕ тытса пырать.**

**Александр Викторенкăпа Александр Сереброван сывлăхĕ лайăх.**

# ЧĂРĂНАР ÇАПĂÇМА!

**ЯНВАРЬ ВĔÇЛЕНИЧЧЕНЕХ БАКУРА, АРМЕНИПЕ АЗЕРБАЙДЖАНРИ ХАШПЕР РАЙОНСЕНЧЕ ЛАРУ-ТАРУ ПИТĔ ЙЫВĂР ПУЛНИНЕ ПУРТЕ ПĔЛЕÇÇĔ ЕНТĔ. ЮЛАШКИ ИКĔ ЭРНЕРЕ ВĔСЕНЧЕ ПУЛСА ИРТНЕ КАЛАМА ÇУК КИРЕВСĔР ĔÇСЕМ МАНА ТАТА ШУПАШКАРТА ПУРАНАКАН ТАВАНАМСЕНЕ, ЕНТЕШЕМСЕНЕ ПИТĔ ТĔЛĔНТЕРЕÇÇĔ, ТАРĂХТАРАÇÇĔ. КУН ПЕК ПУЛСА ТУХМА ПУЛТАРАССИ ÇИНЧЕН ЭПИР, ÇУРАЛНА ÇĔРШЫВĂМАРТАН ИНÇЕТРЕ ПУРАНАКАНСЕМ, ШУТЛАМА ТА ПУЛТАРАЙМАН.**

ЭПĔ астăвасса армянпа азербайджан ывăлĕ-хĕрĕсем пĕр çемьери пек килĕштерсе пурăннă. Вĕсем хушшинчи туслăх нихăçан арканми çурт пекехчĕ. Икĕ республикăн экономика, наука, культура çыхăнăвĕсем тĕреклĕнсех пыратчĕç. Пывăр вăхăтра пĕр-пĕрне пулăшма тăрăшнă. Çакна çирĕплетекен тĕслĕхсем нумай илсе кăтартма пулать.

Аçта кайса кĕчĕç-ха икĕ енĕшĕн те усăллă çыхăнусем? Нивушлĕ вĕсем эпĕ çемьепе Чăваш республикине куçса килнĕренпе 10 çул çитсен татăлма пуçларĕç? Бакура отпускра пулнă вăхăтра армянпа азербайджан пĕрне-пери куçран сиввĕн пăхнине асăрхаман-çке. Тепĕр тесен, ĕç çынни мĕншĕн пĕр-пĕрипе хирĕçтĕр? Сăртлă Карабах облаçне пайлас шухăш çук унăн. Пур наци çыннин, çав шутра азербайджанла армян халăхĕн ывăлĕ-хĕрĕсен, пĕр пĕрпипе туслă пурăнмалла. Çапла вĕрентетчĕç пире шурсухалсем. Нивушлĕ мантăмăр вĕсен аслă сăмахĕсене?

Азербайджанпа армян халăхĕ вăрçа хирĕç! Çакна эпĕ отпуска Бакура ирттернĕ кунсенче, иртнĕ çулхи декабрьте, лайăх туйса илтĕм. Апла пулсан, камсене пула ним айăпсăр çынсен юнĕ юхнă-ха? Бакуран вырăссем, армянсем, ытти халăх çыннисем тараççĕ. Çапла каламалла ĕнтĕ. Урăх сăмах тупаймастăп. Айăпĕ — мафи, коррупци тарăн тымар янине пула иртĕнекенсем, пĕтĕм влаçа хăйсен аллине илесшĕн çунакансем, националистсемпе экстремистсем çинче. Вĕсем нимĕн умĕнче те чаранса тăмаççĕ. Апла пулсан, халăха пăлхатакансене, икĕ наци çыннисене пĕр-пĕрипе хирĕçтерсе яма тăрăшакансене хирĕç вăйлăрах кĕрешмелле. Çапла çеç йĕрке тума пулать. Урăхла май çук.

Темиçе кун каялла кăна-ха Бакуран телефонпа шăнкăравларĕç. Хулара чрезвычайлă лару-тăру туса хунă. Иртнĕ эрнесенче унта мĕн пулса иртни пирки каласа пачĕç те, арăмпа иксĕмĕр те аптăраса ӳкрĕмĕр. Еçе, магазина çӳреме хăрушă иккен. «Хăçанччен çапла пырĕ?» — тарăхать шăллăм. Юрать-ха, çар йĕрке тăвать. Националистсемпе экстремистсем вара уя çине халăха хĕтĕртсе яма тăрăшаççĕ.

Çапла, ĕç халăхĕн пĕр-пĕринчен уйăрмалли çук. Шупашкарти автомобильсем юсакан заводра вуникĕ çул ĕçлетĕп. Тĕрлĕ наци çыннисем хушшинчен хура кушак чупса иртнине, тепĕр майлă каласан, вĕсем пĕри тепринчен ютшăнчине нихăçан та асăрхаман. Директор заместителĕ пулнă май, ман пата Арменирен килнисем те кĕреççĕ. Хамăр енчисем тесе, хапăл туса йышăнатăп вĕсене. Ĕç çине куçиччен, яланах кăнтăрти хыпарсене ыйтса пĕлетĕп.

Пур енĕпе те çапларах пулмалла. Унсăрăн юрамасть. Совет Союзĕнче 100 ытла халăх пурăнать. Çемьере пиччĕшĕпе шăллĕ е йăмăкĕпе аппăшĕ харкашса пурăнсан, лайăххине кĕтме йывăр. Килĕштерсе пурăниччен ырри нимĕн те çук. Çавăнпа чăрăнмалла пĕр-пĕрипе çапăçма.

Э. ГАСАНОВ,
Шупашкарти автомобильсем юсакан завод директорĕн заместителĕ.

*Хуçалăх ĕçĕнче — çĕнĕлле*

# МĔН СТРОИТЕЛЬСЕНЕ ХУМХАНТАРАТЬ?

**СТРОИТЕЛЬСТВО — НУМАЙ ЕНЛЕ, КĂТКĂС ОТРАСЛЬ. УН ПИРКИ ТЕРЛĔРЕН КАЛАÇНИНЕ ИЛТМЕ ПУЛАТЬ. НУМАЙĂШЕ ЯТЛАÇÇĔ, ЫРЛАКАНСЕМ ТЕ ÇУК МАР. ÇАПАХ ТА ÇАК ШУХĂШ АНЛĂ САРĂЛНĂ: СТРОИТЕЛЬСЕН ПУРТЕ ÇИТЕЛЕКЛĔ, ХĂЙСЕМ КĂНА ЛАЙĂХРАХ ĔÇЛЕМЕ ТĂРĂШМАÇÇĔ ИМĔШ. ÇАВ ВĂХĂТРАХ ПУРТЕ СТРОИТЕЛЬСЕМ ЫТЛАРАХ ПУЛĂШАССА КĔТЕÇÇĔ. ĔÇĔ МĔНРЕ-ХА: МĔНШĔН СТРОИТЕЛЬСТВО ОРГАНИЗАЦИЙĔСЕМ ВĂХĂТ ХУШНĂ ПЕК ĔÇЛЕЙМЕÇÇĔ, МĔНЛЕ ЫЙТУСЕМ ТАТА ЧĂРМАВСЕМ ТĔЛ ПУЛАÇÇĔ! «ЧУВАШСТРОЙ» ТЕРРИТОРИ-СТРОИТЕЛЬСТВО ПĔРЛЕШĔВĔН 1989 ÇУЛХИ ĔÇ ИТОГĔСЕНЕ ХĂШПĔР ЕНЧЕН ПĔТĔМЛЕТСЕ, АСĂННĂ ЫЙТУСЕМ ПИРКИ ЧАРĂНСА ТĂРАС КИЛЕТ.**

ПИРĔН строительсем икĕ çул хушши ĕнтĕ тулли хуçалăх расчечĕпе хăйтÿлевлĕх условисенче тата Государство предприятийĕ çинчен калакан законпа усă курса ĕçлерĕç. Пĕлтĕрхи ĕççене тĕрлĕрен хаклама май пур. Çулталăк валли палăртнă задачисене мĕнле пурнăçланине тата республикăри ĕççынни-сен ыйтăвĕсене тивĕçтернине шутласан — çитменлĕхсем сахал мар. Çулталăкри план кăтартăвĕсене илсен вара çитĕнÿсем куç умĕнчех. Апла пулин те, строительсем иртнĕ çулхи ĕç итогĕсемпе çырлахма пултараймаççĕ. Вĕсем чылай лайăхрах ĕçлеме, строительствăпа монтаж ĕçĕсен калăпăшне нумай пысăклатма пултарнă.

Сăлтавĕ ăçта-ха? Тĕп чăрмав — пурлăхпа техника ресурсĕсемпе кирлĕ пек тивĕçтерменни. Çавна пула ĕç вăйĕпе тулли усă курма май килмен. Кунта хăшпĕр цифрăсене танлаштарса пăхни вырăнлă пулĕ. Пĕрлешÿ генподряд енĕпе 256,6 миллион тенкĕлĕх ĕçленĕ. Çулталăкра çак кăтарту 17 миллион тенкĕ чухлĕ ÿснĕ. Çав вăхăтрах строительство трестĕсем пурте тенĕ пекех ĕç калăпăшне чакарнă. Сăмахран, пĕрремĕш трест 1988 çулхинчен 3,6 миллион тенкĕлĕх сахалрах ĕçленĕ. Иккĕмĕш, виççĕмĕш тата пиллĕкмĕш трестсем те каялла чакнă. Петĕмĕшле кăтартăва лайăхлатма «Спецстроймеханизация» трест коллективĕ пысăк вăй хунă, пĕлтĕр унта ĕç калăпăшне 16 миллион тенкĕ чухлĕ пысăклатнă. «Монолитстрой» пĕрлешÿ, отделка ĕçĕсен ятарлă управленийĕ ку енĕпе лайăх улшăнусем тунă.

Иртнĕ çул пуçламăшĕнче мĕнпур пĕрлешÿсемпе трестсен коллективĕсем стройкăсенчи ĕç калăпăшне пысăклатма палăртнăччĕ. Курах ĕнтĕ, чылайăшĕ çак задачăна пурнăçламан. Производство строительствине пĕтĕмлетнĕ май, пурăнмалли çурт-йĕр, социаллă пурнăçпа культура тата йăла объекчĕсем, çул-йĕр тăвассине вăйлатма палăртса хутăмăр. Ку енĕпе пĕррĕмĕш утăмсем тунă. Производство строительствине висĕмçулхипе танлаштарсан, 5,1 миллион тенкĕлĕх сахалрах ĕçленĕ, çав вăхăтрах пурăнмалли çурт-йĕр [illegible] çак кăтарту 6,7 миллион тенкĕлĕх ÿснĕ. Иртнĕ çул пĕрлешÿ строителĕсем 495 пин тăваткал метр пурăнмалли çуртсем, пĕтĕмĕшле пĕлÿ паракан 9 шкул, 10 ясли-сад туса лартнă, 73 километр тăршшĕ автомобиль çулĕсем тунă. Ытти чылай объекта хута янă. Агропромышленноçть комплексĕ валли 33,6 миллион тенкĕлĕх ĕççем пурнăçланă.

Плансем çулленех ÿссе пымалла май, строительство организацийĕсем производство базине тата строительство [illegible]

ни çемьене хваттерпе е уйрăм çуртпа тивĕçтерме пысăкрах вăй хурасси. 1986 çултанпа пĕрлешÿ пурăнмалли çурт-йĕр тата социаллă пурнăç объекчĕсем тăвас тĕлĕшпе татăклă улшăнусем палăртрĕ. Вунпĕрмĕш пилĕкçуллăхра эпир кашни çул вăтамран 310—335 пин тăваткал метр пурăнмалли çуртсем туса лартнă. Производство строительстви вара çулталăк планĕн 60—70 процентне чухлĕ шутланнă. Акă мĕншĕн иртнĕ тăватă çул хушшинче подряд ĕçĕсен структурине тĕпрен улăштарма тиврĕ. 1985 çулхипе танлаштарсан, генподряд енĕпе ĕçлесси 59,6 миллион тенкĕ чухлĕ ÿснĕ. Пурăнмалли çурт-йĕр 114,2 пин тăваткал метр чухлĕ нумайрах туса лартнă. Шкулсемпе ача-пăча учрежденийĕсем, автомобиль çулĕсем тăвас ĕç те чылай лайăхланнă.

Çак пилĕкçуллăхăн тăватă çулĕнчех иртнĕ пилĕкçуллăхринчен 6 пин тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çурт-йĕр, çавăн пекех шкулсемпе ача-пăча учрежденийĕсем чылай нумайрах хута янă.

2000 çул тĕлне кашни çемьене хваттерпе тивĕçтермелли комплекслă программăна туса хатĕрленипе пĕрлех, çак ĕçре строительсене пурлăхпа техника ресурсĕсем вăхăтра тата кирлĕ чухлĕ парса тăма палăртнă. 1987 çулта ку ĕçре самаях лайăх улшăнусем пулнăччĕ. Анчах 1988 çултах чăрмавсем нумай сиксе тухрĕç. Предприятисем, халăх хуçалăхĕн отраслĕсем хăйтĕллĕн ĕçлеме пуçланă май, строительсем валли пурлăхпа техника парса тăрас ĕçре ывăрлăхсем сиксе тухрĕç. Пурте пĕлеççĕ, пирĕн республикăра нумай ыйăшли строительство материалĕсем сахал е пачах та çук. Тĕп материалсене тата комплектламалли изделисене сĕршывăн тĕрлĕ регионĕсенчен кÿрсе килмĕ тивет. Кунта вара ыйту темĕн чухлĕх. Пурте чи малтан хăйсен вырăнти ыйтăвĕсене татса пама тăрăшаççĕ. Пурлăх ресурсĕсем ытанансенчен вара хăйсене уйрăмах кирлĕ материалсем е продукци илĕтессĕ. 1986 çулхипе танлаштарсан, пĕлтĕр строительствăна монтаж ĕçĕсен кашни [illegible]

йар — вырăнта хатĕрлекен строительство материалĕсем. Анчах вĕсемпе те кирлĕ пек тивĕçтĕрмеççĕ. Строительство материалĕсем тăвакан промышленность ĕçсен калăпăшĕ хăвăрт ÿснине шута илне теме çук. Çĕнĕ хăватсене питĕ вăрах ĕçе кĕртеççĕ, предприятисем кирлĕ пек ĕçлемеççĕ. Оборудованин пысăк пайĕ кивелсе çитнĕ, юрăхсăра тухнă.

«Чувашстрой» пĕрлешÿре халĕ ĕçлекен предприятисене реконструкцилесси, çĕнĕ производствăсем йĕркелесси вăйланать. Çулталăкра 100 пин кубометр тимĕр-бетон изделисем хатĕрлекен цеха ĕçе кĕртнĕ хыççăн шултра панельсенчен çурт-йĕр лартмалли хăватсем 350 пин тăваткал метра çитнĕ, монолит çуртсем лартакан пĕрлешÿ йĕркеленĕ. Вăл çывăх çулсенчех çуллен 200 пин тăваткал метр таран пурăнмалли çурт-йĕр лартма тытăнать. Пĕрлешĕвĕн ытти трестĕсем çулталăкра çавăн чухлех ĕç пурнăçлама тытăнаççĕ. Çавăнпа кунта кирпĕч ытларах кирлĕ пулать. Тĕслĕхрен, 2-мĕш трест пĕтĕмпе пенех кирпĕч çуртсем лартать. 1989 çулта вăл 82 пин тăваткал метр пурăнмалли çуртсем хута янă, анчах хăйĕн майĕсемпе туллин усă курман. Ана пĕлтĕр 125 миллион кирпĕч уйăрса памалла пулнă, чăннипе 90 миллион кăна панă. Çавна пула трест 1990 çул валли те тивĕçлĕ никĕс хатĕрлеймен. Çавăнпа кăçал вăл 65 пин тăваткал метртан ытла пурăнмалли çурт-йĕр лартаймасть, урăхла каласан, ĕç калăпăшĕ пĕлтĕрхинчен 17 пин тăваткал метр чухлĕ чакать.

Кăçал «Чувашстрой» строительство пĕрлешĕвĕн 650 пин тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем туса лартмалла. Çакă вăл 1989 çулта республикăра пĕтĕмпе пурнăçланă ĕç калăпăшĕпе танлашать. Çавăнпа эпир «Чувашстройматериалы» производство пĕрлешĕвĕн предприятийĕсем ытларах пулăшасса шанатпăр. 1989 çулта Канашра урăх сĕршывран тунă оборудовани вырнаçтарса лартнă керамика материалĕсен комбиначĕ ĕçлеме тытăннă. Вăл [illegible]

ларакан завода вăхăтра ĕçе кĕртме тăрăшмалла.

Вырăнти строительство материалĕсем çитменни ялсенче тата хуласенче харпăр хăй укçи-тенкипе пурăнмалли çурт-йĕр лартас ĕçе вăйлатма нумай чăрмантарать. Хальхи вăхăтра правительство халăха хатĕр çурт-йĕр сутас енĕпе тивĕçлĕ мерăсем палăртнă. Çавăнпа ку ĕçре татăклă улшăну тăвас пулать. Эпир Çĕнĕ Шупашкар хулинче иртнĕ сăнава пĕтĕм çĕршыв пĕлет ĕнтĕ. Пĕлтĕр унта шултра панельсенчен 108 хваттерлĕ çурт туса лартнă, хваттерсен пĕр пайне черетре тăракансене сутнă. Çуртне халăха кирлĕ таварсем туса кăлармалли ресурссемпе тата «Чувашстрой» пĕрлешÿ çумĕнчи акционерсен обществин укçи-тенкипе туса лартнă.

«Пурăнмалли çурт-йĕр» комплекслă программăна пурнăçа кĕртесси — пĕтĕм халăх ĕçĕ. Республика хуçалăх расчечĕ çине куçас пулсан, ку ĕçе кашни предприятипе организаци туллин хутшăнни кирлĕ. Пирĕн предприятисенче çурт-йĕр лартнă çĕрте усă курмалли нумай йышши изделисене, конструкцисене туса кăларма май килет. Çак ĕçе йĕркелесе ярас енĕпе тивĕçлĕ решенисем те йышăннă. Халлĕхе чылай çĕрте çакна кирлĕ пек шута илмеççĕ. Сăмахран, тĕрлĕ материалсемпе изделисем кÿрсе килнĕшĕн иртнĕ çул эпир ытти регионсене 500 хваттер тумалли конструкцисемпе материалсем леççе патăмăр. Пĕлтĕр Шăмăршăра, Калининăра, Çĕмĕрлере паркет тăвакан цехсен корпусĕсене туса лартнă. Вĕсенче оборудование хăвăртрах вырнаçтармалла, продукци хатĕрлеме тытăнмалла. Кăçал Канашра çулталăкра 3 миллион тăваткал метр линолеум хатĕрлекен цехăн пĕрремĕш черетне ĕçе кĕртме палăртнă. Ют çĕршыв фирмисемпе хутшăнса ĕçлесси аталанать. Малтанхи утăмсем пур ĕнтĕ. Финляндири «Полар» фирмăпа пĕрле çурт-йĕр лартма тытăннă. «Промкомплект» пĕрлешÿ «Совкувейтинжиниринг» фирмăпа сыхăнчĕ, кунта çулталăкра 100 пин тăваткал метр паркет туса кăларакан цех ĕçлеме тытăнать. «Лад» проектпа строительство пĕрлешĕвĕ Финляндири «Партек» фирмăпа сыхăнусем йĕркелеме шутлать. Çакă вăл — экономика тĕлĕшĕнчен питĕ усăллă ĕç.

1990 çулта пирĕн строительсем пурăнмалли çурт-йĕр тата социаллă пурнăçпа культура, йăла объекчĕсене хăвăртрах ĕçе кĕртес, пахалăхшăн тăрăшас енĕпе тивĕçлĕ улшăну тума палăртаççĕ. Вĕçленмен строительство хисепĕ чакать, подряд договорĕсене пурнăçа кĕр[illegible]



Марксизм-ленинизм идейисене халăх хушшине сарас тĕлĕшпе тăрăшса ĕçлекен пропагандистсем республикăра сахал мар. Шупашкара, КПСС обкомĕн Политвĕренÿ çуртне, тĕлпулусене, семинара е курссене килсен, вĕсем, пĕр-пĕринпе калаçса, тĕрлĕ ыйтусене сÿтсе яваççĕ, ыттисен опычĕпе паллашаççĕ.

Ÿкерчĕк çинче (сылтăмран сулахаялла): Улатăрти «Электроприбор» заводри Г. И. Самойлова инженер-технолог, Л. Ю. Троицкая — çав заводри политвĕренÿ кабинечĕн заведующийĕ; В. В. Семенов — КПСС Красноармейски райкомĕн идеологи пайĕн заведующийĕ, Н. П. Петров — Красноармейски районĕнчи Мăн Шетмĕри вăтам шкул директорĕ, Н. Д. Еремеев — Патăрьел районĕнчи Анат Тăрмăшри тулли вăтам шкул директорĕн заместителĕ çавăн пек тĕлпулу вăхăтĕнче.

Ю. Дмитриев фотоÿкерчĕкĕ.

Парти организацийĕсенче

## КОММУНИСТ ПЛАТФОРМИ

Республика Культура министерствинчи партин уçă пухăвĕнче Чăваш АССР халăх депутатне суйлама тăратнă кандидатăн А. М. Лаптева коммунистăн суйлав умĕнхи платформи çинчен информаци итленĕ.

Пуху умĕн хăшпĕр коммунистсем çакăн пек ыйту лартрĕç: парторганизаци кун пек информаци итлеме пултарать-и? Калаçнă хыççăн вăл кандидатшăн та, коммунистсемпе партипе тăманнисемшĕн те усăллă пулни палăрчĕ.

Пухура тухса калакансем кандидатăн культура аталанăвĕнчи çивĕч ыйтусене хускатма килĕшнине палăртрĕç. Вĕсен шутĕнче — наци культурине аталантарасси, ĕççынисен ăс-хакăл ыйтăвĕсене тивĕçтересси. Унсăр пуçне, кандидатăн суйлав округĕнчи (56-мĕш Тельман суйлав округĕ) ĕççынисен нушисене лайăх пĕлмелле, вĕсене татса парас ыйтусене тишкермелле. Кăскен ка[illegible]

# КУЛЛЕН ХАЛĂХ ХУШШИНЧЕ

**КПСС РАЙКОМĔН ИНФОРМАЦИПЕ ПРОПАГАНДА УШКĂНĔПЕ ПĔРЛЕ РАЙОНТИ ĔÇ КОЛЛЕКТИВĔСЕНЧЕ. ХАЛĂХ ПУРĂНАКАН ВЫРĂНТА ЧАС-ЧАСАХ ПУЛМА ТИВЕТ. ĔÇÇЫННИСЕНЕ ЫТЛАРАХ МĔНЛЕ ЫЙТУСЕМ ХУМХАНТАРАÇÇĔ-ХА?**

Куллен кирлĕ таварсемпе çителĕклĕ тарах тивĕçтерменнишĕн тарăхаççĕ. Вăл-ку çуккипе пула халăхра темле сăмах та сăрет. Партие, правительствăна критиклеççĕ. Çакнашкал условисенче ĕççыннисен пурнăçĕпе сыхăннă ыйтусене шута илмесĕр май çук. Парти органĕсен вĕсене сипĕнчех татса пама тăрăшмалла. Ним̆ĕн те тумасан, хамăрăн авторитета ÿстерейменĕр.

Астăватăн-ха, икĕ çул каяллала парти райкомĕн пленумĕнче ĕççыннисем паракан сĕнÿсене, асăрхаттарусене тата ыйтусене сирĕп шута илсе пыма, мерăсем йышăнмашкăн вĕсене тивĕçлĕ органсене вăхăтра пĕлтерме, хушнă ĕçе мĕнле пурнăçланине куллен тĕрĕслесе тăма кирлине кăтартса хăварнăччĕ. Çакăн хыççăн парти райкомĕ те, пуçламăш организацисем те ку енĕпе чылай тимлĕрех ĕçлеме тытăнчĕç.

1988 çулхи ... çулла «КПСС [illegible] ресатне тупаççех. Задачисене пурнăçлапă хыççăн, паллах.

Асăрхаттарусемпе сĕнÿсемшĕн тата ыйтусемшĕн ответлисем хушшинче пĕчĕкрех должноçри çынсем çеç мар, калăпăр, парти райкомĕн секретарĕсем те пур. Сăмахран, КПСС райкомĕн пĕррремĕш секретарьне В. Н. Петькова ыйтусем сахал мар параççĕ. «Районти ял Совечĕсен ĕçтăвкомĕсемпе тата халăха вĕрентес ĕçĕн пайĕнче мĕншĕн çынсене йĕркеллĕ, графикпа килĕшÿллĕн йышăнмаççĕ?» — тесе ыйтнăччĕ упран. Вăл сырса çакăн пек ответ пачĕ: «Ĕçтăвкомсенче ĕççыннисене йышăнас ĕç çине питĕ тимлĕ пăхаççĕ, вĕсен ыйтăвĕсене вăхăтра татса пама тăрăшаççĕ. 1988 çулта кăна районĕçтăв[illegible]

сахал мар. Чылайăшĕ занятисене хатĕрленмесĕрех иртет. Ĕç пулать-и ĕнтĕ ку? Лаççĕ вара итленĕсем пуçĕсене пăркалаçа. Хăть залран тухса кай. «Присурский» совхозра, хуçалăхсем хушшинчи строительство организацийĕнче занятисене производствăпа тачă сыхăнтармаççĕ. Çамрăксемпе комсомолецсен вĕрепĕвĕ кирлĕ пек пулса пымасть.

Районĕпе илсен, политкурсем, профилактика тата уçă сыру кунĕсем, идеологи плăнĕпе ĕçлĕ тĕлпулусем усăллă иртеççĕ. Унччен политкурсене çÿлтен сĕнпĕ темăсемпе иртеретĕмĕр пулсан, халĕ вара вĕсене вырăнсенче палăртаççĕ.

Йышăнас пулать, парткомсем

### Идеологи: çĕнетÿ çулĕпе

кома 170 жалобăпа заявлени килнĕ. Унта ĕçлекенсем 300 ытла çынна йышăннă. Ял Совечĕсен ĕçтăвкомĕсенче 2 пин ытла заявленипе жалоба пăхса тухнă. Çак ĕçе СССР Верховнăй Совечĕн Президиу[illegible]

халлĕхе партин хальхи политикипе халăх пахне çитерес тĕлĕшпе пур майсемпе те усă курмасçĕ-ха. Калаçусем, политинформацисем, лекцисем, докладсем чылай чухне ĕç коллективĕсем умне мĕнле задачăсем лартмаллине уçса па[illegible]

...латма палӑртса хутӑмӑр. Ку свӗпе пӗррӗмӗш утӑмсем тунӑ. Производство строительствине, висӗмсулхипе танлаштарсан, 5,1 миллион тенкӗлӗх сахалрах ӗҫлене, ҫав вӑхӑтрах пурӑнмалли ҫурт-йӗр лартнӑ ҫӗрте [illegible] ӳснӗ. Иртнӗ ҫул пӗрлешӳ строителӗсем 435 пин тӑваткал метр пурӑнмалли ҫуртсем, пӗтӗмӗшле пӗлӳ паракан 9 шкул, 10 ясли-сад туса лартнӑ, 73 километр тӑршшӗ автомобиль ҫулӗсем тунӑ, ытти чылай объекта хута янӑ. Агропромышленность комплексӗ валли 33,6 миллион тенкӗлӗх подряд ӗҫӗсем пурнӑҫланӑ.

Плансем ҫулленех ӳссе пынӑ май, строительство организацийӗсен производство базине тата строительство материалӗсем тӑвакан промышленность предприятийӗсене аталантарасси ҫине те тимлӗ пӑхмалла. Пӗлтӗр ҫакна валли 17,3 миллион тенкӗ уйӑрса панӑ.

Пирӗн ответлӑ та чыслӑ тивӗҫ — 2000 ҫул тӗлне каш...

...приятисем, халӑх хуҫалӑхӗн отраслӗсем хӑйтелӗн ӗҫлеме пуҫланӑ май, строительсем валли пурлӑхпа техника парса тӑрас ӗҫре йывӑрлӑхсем сиксе тухрӗҫ. Пурте пӗлесҫӗ, пирӗн республикӑра ну[illegible] строительство материалӗсем сахал е пачах та ҫук. Тӗп материалсене тата комплектламалли изделисене ҫӗршывӑн тӗрлӗ регионӗсенчен кӳрсе килме тивет. Кунта вара ыйту тӗмӗн чухлӗх. Пурте чи малтан хӑйсен вырӑнти ыйтӑвӗсене татса пама тӑрӑшассӗ. Пурлӑх ресурсӗсем ыйтакансенчен вара хӑйсене уйрӑмах кирлӗ материалсем е продукци нӗтессӗ. 1986 ҫулхипе танлаштарсан, пӗлтӗр строительствӑпа монтаж ӗҫӗсен кашни миллион тенки пуҫне металл прокачӗ 28 тонна, цемент 227 тонна, хурҫӑ пӑрахсем 5 тоннӑна яхӑн сахалрах уйӑрса панӑ. Ҫитменнине, ҫав материалсене вӑхӑтра кӳрсе килеймен.

Кирпӗч, керамика изделийӗсем, плитка, вак чулпа хӑ...

...ытла пурӑнмалли ҫурт-йӗр лартаймасть, урӑхла каласан, ӗҫ калӑпӑшӗ пӗлтӗрхинчен 17 пин тӑваткал метр чухлӗ чакать.

Кӑҫал «Чувашстрой» строительство пӗрлешӗвӗн 650 пин тӑваткал метр чухлӗ пурӑнмалли ҫуртсем туса лартмалла. Ҫакӑ вӑл 1989 ҫулта республикӑра пӗтӗмпе пурнӑҫланӑ ӗҫ калӑпӑшӗпе танлашать. Ҫавӑнпа эпир «Чувашстройматериалы» производство пӗрлешӗвӗн предприятийӗсем ытларах пулӑшасса шанатпӑр. 1989 ҫулта Канашра урӑх ҫӗршывран туяннӑ оборудовани вырнаҫтарса лартнӑ керамика материалӗсен комбиначӗ ӗҫлеме тытӑннӑ. Вӑл ҫулталӑкра 60 миллион кирпӗч парса тӑма тивӗҫлӗ. Халлӗхе вара пӗр линии кӑна ӗҫлет, комбинатӑн иккӗмӗш линине хӑвӑртрах хута ямалла. Йӗпреҫри, Пӑрачкаври, Сӗнтӗрвӑрринчи кирпӗч завочӗсен хӑватне ӳстермелле, Ҫӗнӗ Шупашкарта кирпӗч блокӗсем туса кӑ...

...инжиниринг» фирмипе ... хӑнчӗ, кунта ҫулталӑкра 100 пин тӑваткал метр паркет туса кӑларакан цех ӗҫлеме тытӑнать. «Лад» проектпа строительство пӗрлешӗвӗ Финляндири «Партек» фирмӑпа сыхӑнусем йӗркелеме шутлать. Ҫакӑ вӑл — экономика тӗлӗшӗнчен питӗ усӑллӑ ӗҫ.

1990 ҫулта пирӗн строительсем пурӑнмалли ҫурт-йӗр тата социаллӑ пурнӑҫпа культура, йӑла объекчӗсене хӑвӑртрах ӗҫе кӗртес, пахалӑхшӑн тӑрӑшас енӗпе тивӗҫлӗ улшӑну тума палӑртаҫҫӗ. Вӗҫленмен строительство хисепӗ чакать, подряд договорӗсене пурнӑҫа кӗртессишӗн мӗнпур шайри руководительсен, ӗҫ коллективӗсен ответлӑхӗ ӳсет.

**Н. СТЕПАНОВ,**
**«Чувашстрой» пӗрлешӳ начальникӗн экономика енӗпе ӗҫлекен заместителӗ.**

...вӑл кандидатшӑн та, коммунистсемпе партипе тӑманнисемшӗн те усӑллӑ пулни палӑрчӗ.

Пухура тухса калакансем кандидатӑн культура аталанӑвӗнчи ҫивӗч ыйтусене хускатма кирлине палӑртрӗҫ. Вӗсен шутӗнче — наци культурине аталантарасси, ӗҫҫыннисен ӑс-хакӑл ыйтӑвӗсене тивӗҫтересси. Унсӑр пуҫне, кандидатӑн суйлав округӗнчи (56-мӗш Тельман суйлав округӗ) ӗҫҫыннисен нушисене лайӑх пӗлмелле, вӗсене татса парас ыйтусене тишкермелле. Кӗскен каласан, кандидатӑн суйлавҫӑсемпе тӗл пулнӑ чухне халӑха хумхантаракан ыйтусем ҫинчен ытларах калаҫмалла, вӗсене пурнӑҫа кӗртмелли майсене палӑртмалла, терӗҫ пухура.

**Г. НИКИФОРОВ.**

## Идеологи: ҫӗнетӳ ҫулӗпе

...тусене шута илмесӗр май ҫук. Парти органӗсен вӗсене сийӗнтех татса пама тӑрӑшмалла. Нимӗн те тумасан, хамӑрӑн авторитета ӳстерейместпӗр.

Астӑватӑп-ха, икӗ ҫул каялла парти райкомӗн пленумӗнче ӗҫҫыннисем паракан сӗнӳсене, асӑрхаттарусене тата ыйтусене сирӗп шута илсе пыма, мерӑсем йышӑнмашкӑн вӗсене тивӗҫлӗ органсене вӑхӑтра пӗлтерме, хушнӑ ӗҫе мӗнле пурнӑҫланине куллен тӗрӗслесе тӑма кирлине кӑтартса хӑварнӑччӗ. Ҫакӑн хыҫҫӑн парти райкомӗ те, пуҫламӑш организацисем те ку енӗпе чылай тимлӗрех ӗҫлеме тытӑнчӗҫ.

1988 ҫулхи ҫулла «КПСС Центральнӑй Комитечӗн 1988 ҫулхи февральти Пленумӗн решенийӗсенчен тата партин Центральнӑй Комитечӗн Генеральнӑй секретарӗ М. С. Горбачев унта каланӑ сӑмахран партин районти организацийӗ умне тухса тӑракан задачӑсем ҫинчен» ыйтупа пленум пулнӑччӗ. Унта хутшӑннисем идеологи ӗҫне КПСС XXVII съезчӗн, Пӗтӗм Союзри XIX партконференцин решенийӗсемпе килӗшӳллӗн лайӑхлатас тӗлӗшпе асӑрхаттарусемпе сӗнӳсем нумай панӑччӗ. Вӗсене пурне те ҫийӗнчех шута илнӗ, пурнӑҫа кӗртес тӗллевпе ятарласа мероприятисен планне хатӗрленӗ. Кашни ӗҫшӗн ответлисене палӑртнӑ. Вӗсем заданисене мӗнле пурнӑҫланине тӗрӗслесе тӑнӑҫ.

Ҫак меслетӗн усси лайӑх курӑнчӗ. Нумайӑшӗ шаннӑ ӗҫсене тӳрӗ кӑмӑлпа турӗ. Вӗсене мӗнле пурнӑҫлани ҫинчен ҫулталӑк иртсен отчет итлерӗмӗр. Заданисемшӗн ответлӑ ҫынсен те, парти райкомӗн аппарачӗнче ӗҫлекенсен те пите хӗретмелле пулмарӗ.

Ҫӗнӗ меслетӗн тепӗр лайӑх енӗ вӑл — ӗҫҫыннисем хӑйсен ыйтӑвӗсем ҫине парти, совет, хуҫалӑх органӗсенче е обществӑлла организацисенче пулмасӑрах тивӗҫлӗ ответ илме пултарни. Мӗнле майпа-ха? Хальхи вӑхӑтра КПСС райкомӗн информаципе пропаганда ушкӑнӗ графикпа килӗшӳллӗн ӗҫ коллективӗсенче, ялсенче пулать, ӗҫҫыннисемпе тӗл пулать. Иртнӗ ҫулхи ноябрьте — шкулсенче, декабрьте — ҫынсем пурӑнакан вырӑнсенче, январьте машина-трактор паркӗсенче тӗлпулусем ирттертӗмӗр. Вӗсенче асӑрхаттарусемпе сӗнӳсем тата ыйтусем нумай панӑ. Кашни карточка ҫинех ответсене ӑҫта тата кама памаллине палӑртнӑ. Вӗсем хӑйсен ад...

...на килӗшӳллӗн йышӑнмасҫӗ?» — тесе ыйтнӑччӗ упран. Вӑл ҫырса ҫакӑн пек ответ пачӗ: «Ӗҫтӑвкомсенче ӗҫҫыннисене йышӑнас ӗҫ ҫине питӗ тимлӗ пӑхассӗ, вӗсен ыйтӑвӗсене вӑхӑтра татса пама тӑрӑшассӗ. 1988 ҫулта кӑна райӗҫтӑвкома 170 жалобӑпа заявлени килнӗ. Унта ӗҫлекенсем 300 ытла ҫынна йышӑннӑ. Ял Совечӗсен ӗҫтӑвкомӗсенче 2 пин ытла заявленипе жалоба пӑхса тухнӑ. Ҫак ӗҫе СССР Верховнӑй Совечӗн Президиумӗ «Граждансен заявленийӗсемпе жалобисене тата сӗнӗвӗсене пӑхса тухмалли йӗрке ҫинчен» йышӑннӑ Указпа килӗшӳллӗн тӑваҫҫӗ.

Ӗҫҫыннисен асӑрхаттарӑвӗсемпе, сӗнӗвӗсемпе тата ыйтӑвӗсемпе ӗҫлес тӗлӗшпе Коминтерн ячӗпе, Ленин ячӗпе хисепленекен, «Путь Ильича» колхозсенчи, «Октябрь» совхозри парти организацийӗсенче япӑх мар ӗҫлессӗ. «Марксист» колхозри тата «Присурский» совхозри парткомсем пирки ҫакна калаймӑп. Ӗҫе йӗркелесе ярса вӗҫне ҫитермессӗ. Ҫакӑншӑн чи малтанах партком секретарӗсенчен ыйтмалла. Кунта парти райкомӗ ҫирӗппрех ыйтмани те сисӗнет пулас. Ҫынсем пурӑнакан вырӑнсенче, ӗҫ коллективӗсенче заданисене мӗнле пурнӑҫланине вӑхӑтра тӗрӗслесе тӑмастпӑр.

Политикӑпа экономика вӗренӗвне лайӑхрах йӗркелес тӗлӗшпе чылай ӗҫ туса ирттерӗ. Хальхи вӑхӑтра районта 200 шкулпа семинар ӗҫлет. Вӗсен ӗҫне партипе совет тата хуҫалӑх органӗсен 100 ытла работникӗ хутшӑнать. Пропагандистсен 65 процентӗ — коммунистсем. Чылайӑшӗ ҫак ӗҫре пысӑк опыт пухнӑ. Кунта чи малтанах Тральккассинчи вӑтам шкул директорӗ Н. А. Катейкин пирки ырӑпа асӑнас килет. Вӑл вӗренӳ ӗҫӗнче ҫӗнӗ формӑсемпе усӑ курать. Ҫавӑнпа занятисем интереслӗ иртеҫҫӗ. Ҫавӑн пекех «Октябрь» совхозри Ю. Я. Мадиков, Ленин ячӗпе хисепленекен колхозри А. П. Краснов, районти «Агропромхимия» производство пӗрлешӗвӗнчи Н. Ф. Майоров, «Искра» колхозри А. Н. Максимов пропагандистсем шаннӑ ӗҫе тӳрӗ кӑмӑлпа тӑваҫҫӗ. Шел те, пурин пирки те лайӑх енчен калама ҫук-ха. Вӗренӳ ӗҫӗнче ҫитменлӗхсем...

...сыру кунӗсем, идеологи планерки ӗҫлӗ тӗлпулусем усӑллӑ иртессӗ. Унччен политкунсене ҫӳлтен сӗннӗ темӑсемпе ирттереттӗмӗр пулсан, халӗ вара вӗсене вырӑнсенче палӑртассӗ.

Йышӑнас пулать, парткомсем халлӗхе партин хальхи политикине халӑх патне ҫитерес тӗлӗшпе пур майсемпе те усӑ курмасҫӗ-ха. Калаҫусем, политинформацисем, лекцисем, докладсем чылай чухне ӗҫ коллективӗсем умне мӗнле задачӑсем лартмаллине уҫса параймаҫҫӗ, ӗҫ вырӑнӗсенчи ҫитменлӗхсене тупса палӑртма пулӑшмаҫҫӗ.

Ӗҫҫыннисем пушӑ вӑхӑта усӑллӑ ирттерме пултарччӑр тесе, хӑшпӗр ӗҫсем туса ирттерӗ. Ҫулсерен районта художество пултарулӑх коллективӗсен фестивалӗсем пулаҫҫӗ. Вӗсене халӑх хапӑл туса хутшӑнать.

Мероприятисене интереслӗрех ирттерес тесен, культура учрежденийӗсен пурлӑх никӗсне тӗреклетмелле. Нумаях пулмасть Акчикассинче клуб туса лартрӗҫ. Район центрӗнче, Тральккассинче Культура ҫурчӗсем ҫӗкленеҫҫӗ.

Ҫӗнӗ йӑла-йӗркесене пурнӑҫа кӗртессишӗн нумай ӗҫлеме тивет. Асӑну кунӗсене япӑх мар ирттерме пуҫларӑмӑр.

Культурӑллӑ-массӑллӑ ӗҫри ҫитменлӗхсем пирки пӗр-ик сӑмах. Хӑшпӗр ҫӗрте библиотекӑсемпе клубсем пурри ҫинчен маска кайнӑпа пӗрех. Вӗсенче ахаль колхозникӗсене, рабочисене пачах кураймастӑн. Ҫак ҫитменлӗх библиотекарьсен, клуб заведующийӗсен ҫаврӑнӑҫусӑрлӑхӗнчен те килет ӗнтӗ. Чылайӑшӗ хӑйсене шаннӑ ӗҫе ячӗшӗн ҫеҫ тӑвать, халӑха интереслентерекен мероприятисем ирттерме шутламасть. Районта ишӗлсе анас пек ларакан клубсем те пур-ха.

Районта ҫамрӑксене интернационалла тата патриотла воспитани парас ӗҫе вӑйсӑрлатни сисӗнет. Ҫакна яшсем право йӗркине ытларах та ытларах пӑсниччен те асӑрхатӑп. Акчикассинче Хӗрлӗ Чутай ял Совечӗсен территорийӗсенче ӗҫкӗ-сикӗпе иртӗхекенсене хирӗҫ кӗрешме пӑрахнӑ теме те пулать. Ҫакӑ КПСС райкомне хытах шухӑшлаттарать.

**Ю. ЕГОРОВ,**
**КПСС Хӗрлӗ Чутай райкомӗн идеологи пайӗн заведующийӗ.**

# КОНКУРС ИРТТЕРНӖ

Сутҫанталӑка сыхлакан обществӑн Чӑваш республикинчи совечӗн президиумӗпе «Чувашлес» производство пӗрлешӗвӗн совечӗ республика тата район хаҫачӗсемпе предприятисенче тухакан нумай тиражлӑ хаҫатсен, телевиденипе радиовещани студийӗсен сутҫанталӑка сыхлас енӗпе ӗҫлекен обществӑлла редакцийӗсем 1989 ҫулхи конкурс итогӗсене пӑхса тухнӑ.

Республика хаҫачӗсем тата телевиденипе радиовещани студийӗсем хушшинче конкурсра пӗррӗмӗш вырӑна — «Советская Чувашия», иккӗмӗш вырӑна «Коммунизм ялавӗ» хаҫатсем, виҫҫӗмӗш вырӑна телевидени студийӗ тухнӑ.

Районсемпе хуласенче тухакан хаҫатсенчен Вӑрнар районӗнчи «Ҫӗнтерӳ ҫулӗ» хаҫат пӗррӗмӗш вырӑн, Шупашкар районӗнчи «Ленинец» хаҫат иккӗмӗш, Ҫӗнӗ Шупашкарти «Путь к коммунизму» хаҫат виҫҫӗмӗш, Тӑвай районӗнчи «Ял ӗҫченӗ» тата Муркаш районӗнчи «Ҫӗнтерӳ ялавӗ» хаҫатсем тӑваттӑмӗш вырӑнсем йышӑннӑ.

Предприятисенче тухакан нумай тиражлӑ хаҫатсенчен «Химик» хаҫата пӗррӗмӗш вырӑн, «Тракторостроитель» хаҫата иккӗмӗш, «Текстильщик» хаҫата виҫҫӗмӗш вырӑн панӑ. Асӑннӑ хаҫатсен редакцийӗсене дипломсем тата укҫан преми парса чыс тунӑ.

Сутҫанталӑка сыхлас ыйтусемпе ҫыракан активлӑ авторсене Хисеп грамотисемпе укҫан преми панӑ.

**В. ИГНАТЬЕВ.**

# «ВӐЙСЕНЕ ПӖРЛЕШТЕРМЕЛЛЕ», —

## ҪАКӐН ПЕК ШУХӐШ ҪУРАЛЧӖ РЕСПУБЛИКӐРИ ХӖРАРӐМСЕН СОВЕЧӖН ПЛЕНУМӖНЧЕ

ҪӖНЕТӲ ТАПХӐРӖ ТАТА ХӖРАРӐМ...
ОБЩЕСТВӐРИ ЫРӐ УЛШӐНУСЕМ УНӐН ПУРНӐҪӖНЧЕ,
АС-ХАКАЛӖНЧЕ МӖНЛЕ ЙӖР ХӐВАРАҪҪӖ?
ПАЯНХИ ХӖРАРӐМ —
ПРОИЗВОДСТВӐРА ЫРЛӐХ-ПУРЛӐХ ТӐВАКАН.
УНСӐР ПУҪНЕ ВӐЛ — ҪЕМЬЕ ТЫТКӐЧИ,
АРӐМ ТАТА АЧА АМӐШӖ.
КИЛӖШСЕ ТӐРАҪҪӖ-И ҪАК ӐНЛАНУСЕМ
ХАЛЬХИ САМАНАРА?
ШАПАХ ҪАКӐН ҪИНЧЕН ҪИВӖЧЧӖН КАЛАҪРӖҪ ТЕ ӖНТӖ
РЕСПУБЛИКӐРИ ХӖРАРӐМСЕН СОВЕЧӖН ПЛЕНУМӖНЧЕ.
УНӐН ПРЕДСЕДАТЕЛӖ И. СТЕКОЛЬЩИКОВА
СОВЕТӐН ПАЯНХИ ӖҪ-ХӖЛӖ ТАТА МАЛАШЛӐХ
ТӖЛЛЕВӖСЕМ ҪИНЧЕ ЧАРӐНСА ТӐЧӖ.

ЮЛАШКИ ҪУЛСЕНЧЕ хӗрарӑмсен активлӑхӗ палӑрмаллах ӳсрӗ. Производствӑн кирек хӑш отраслӗнче илес пулсан та, ӗҫпе кану условийӗсене ҫӑмӑллатас-лайӑхлатас енӗпе чылай ӗҫ туса ирттернӗ.

Ака Шупашкар районӗнех илер. Хӗрарӑмсен совечӗн председателӗ Ю. Судакова каласа панӑ тӑрӑх, кулленхи пурнӑҫра культура, медицина работникӗсем, учительсем пулӑшса пыраҫҫӗ. Пысӑкрах ялсенче советсем йӗркелени тӗрлӗрен мероприятисене ҫынсене ытларах хутшӑнтарма май парать. Халӑх йӑли-йӗркине тытса пыни, специалистсемпе, лекторсемпе тӗл пулса уҫҫӑн калаҫни ӗҫре кӑна мар, йӑлара та витӗм кӳрет. Мероприятисене ялсенче ирттересси ҫирӗпленсе пырать.

Фермӑсенче йывӑр ӗҫсене ҫӑмӑллатма тӑрӑшаҫҫӗ районти хуҫалӑхсенче. Выльӑх-чӗрлӗх пӑхакансем валли чылай ҫӗрте сауна-мунча, кану пӳлӗмӗ уҫнӑ.

Ҫӗнӗ Шупашкарти хӗрарӑмсен совечӗн те ырӑ ӗҫ сахал мар. Кашни хӗрарӑма общество ӗҫне хутшӑнтарасси, коллективсенчи, ҫемьери лару-тӑрӑва «сыватасси» — тӗп вырӑнта.

Совет пуҫарнипе халӑх депутачӗсен хула Совечӗн ӗҫтӑвкомӗн социаллӑ пулӑшу пайӗнче «васкавлӑ телефон» ӗҫлет. Пӗччен пурӑнакан ватӑсене пулӑшать вӑл. Эмел кирлӗ-и е апат-ҫимӗҫ туянмалла — ҫакӑн ҫинчен шӑнкӑравласа пӗлтермелле кӑна. Л. М. Константинова кашнинех пулӑшма тӑрӑшать. Ҫӗнӗшупашкарсем Куславккари ача ҫуртне шефа илнӗ. Хулари хӗрарӑмсен совечӗн членӗсем унта тӑтӑшах пулаҫҫӗ. Хӑйсен ӗҫӗпе пленумра хулари хӗрарӑмсен совечӗн председателӗ Н. Щербакова паллаштарнӑ.

Патӑрьел районӗнче нумай ачаллӑ ҫемьесене, пӗччен пурӑнакан ватӑсене пулӑшас, ҫемьесене тӗреклетес енӗпе паха опыт пухнӑ. Ялсенчи хӗрарӑмсен клубӗсем пуҫарулла. Кунта, паллах, районти советӑн тӳпи пур. Ҫакӑн ҫинче чарӑнса тӑнӑ унӑн председателӗ Н. Маллина.

ЫРӐ ӖҪСЕМ ҫинчен чылай калаҫрӗҫ пленума хутшӑннисем. Ҫав вӑхӑтрах ҫитменлӗхсем те сӑмах айне пулмарӗҫ. Ҫивӗч калаҫу пычӗ вӗсем пирки.

Л. Сперанская — Ҫӗрпӳ районӗнчи совхоз-техникумри ача-пӑча комбиначӗн заведующийӗ. Ялта пурӑнакансене куллен кирлӗ таварсемпе — супӑнь-порошокпа, сахӑр-песокпа, хула ҫыннисемпе танлаштарсан, начар тивӗҫтерни, ача-пӑча валли апат-ҫимӗҫ продукчӗсем тупса илме йывӑрри ҫинчен пӑшӑрханса каласа пачӗ вӑл. Опытнӑй поселокра педиатри участокне сӑлтавсӑр хупнипе ашшӗ-амӑшӗ кӑмӑлсӑр.

Районти шкулсемпе интернат-шкулсене 600 ытла педагог воспитани ӗҫне кӳлӗннӗ. Вӗсен пурнӑҫ условийӗсем ҫӑмӑлах мар. Чылайӑшӗн хваттер ҫук. Интернат-шкулта ӗҫлекенсем валли 30 хваттерлӗ ҫурт тума проект хатӗр. Строительство ӗҫӗсем вара тытӑнса тӑраҫҫӗ-ха.

Л. Сперанская ҫапла сӗннӗ: райсовет ӗҫтӑвкомӗ ҫумӗнчи урӑ пурнӑҫшӑн кӗрешекенсен обществин штатлӑ тӳлевлӗ единицине хӗрарӑмсен советне памалла.

«Электроприбор» производство пӗрлешӗвӗнчи хӗрарӑмсен совечӗн председателӗ Н. Андреева шучӗпе, пулӑшу сферин предприятийӗсен кун йӗркипе килӗшме ҫук. Халӗ вӗсем заводсемпе ытти учреждениcем ӗҫленӗ чух — уҫӑ, ӗҫрен пушаннӑ тӗле — хупӑ.

Э. Шадрина Етӗрнери машинӑсем тӑвакан заводри хӗрарӑмсен советне ертсе пырать. Станок умӗнчи рабочи совет ӗҫне хутшӑнаймасть. Унӑн план тултармалла, продукци ытларах хатӗрлемелле. Обществӑлла ҫак ӗҫ вара 1—2 ҫын ҫинче тытӑнса тӑрать. Тӗрлӗрен мероприятисем — алӗҫ ӑстисен выставкисем, ача-пӑча япалисем сутмалли ярмӑрккасем — часчасах иртеҫҫӗ. Анчах совет ӗҫне вӗсемпе кӑна хаклама пулать-ши? Ӗҫкӗпе иртӗхекенсемпе уйрӑмшарӑн ӗҫлетпӗр. Усси ҫук. Ку таранччен ҫитсе пӗр алкоголика та эрехрен пистереймерӗмӗр. Ытти ҫӗрте мӗнле ӗҫленипе паллашас килет, — пӑшӑрханать Э. Шадрина. — Хӗрарӑмсен совечӗ, профсоюз, комсомол организацийӗсем, юлташла суд — кашниех лава хӑйне май туртать, вӑйсене ниепле те пӗрлештерейместпӗр». Унӑн тӗп ӗҫ вырӑнӗ пур. Вӑл — микрорайонти ача-пӑча клубӗн воспитателӗ. Тӗрӗссипе, ҫитӗнекен ӑрӑва воспитани пама вӑхӑт та юлмасть совет председателӗн.

МУСКАВРИ кооперации институчӗн Шупашкарти филиалӗн доценчӗ В. Салтыкова сӑмахӗ уйрӑмах витӗмлӗн янӑрарӗ. Халлӗхе хӗрарӑмсен совечӗ хӑйӗн тивӗҫне пурнӑҫласа ҫитерейместь. Чылай чух профсоюз организацине, обществӑлла ытти организацисене улӑштарать. Канӑва йӗркелесси, ӗҫ условийӗсене ҫӑмӑллатасси, ясли-садик ыйтӑвӗсене татса парасси — профсоюз ӗҫӗ вӗт!

Хӗрарӑмсен юхӑмне чӗртмелле, психологи служби уҫмалла. Пысӑк коллективсенчи хӗрарӑмсен социаллӑ хӳтлӗх пур, сахал йышлисенче вара?

Вуниккӗмӗш пилӗкҫуллӑхӑн тӑватӑ ҫулӗнче сывлӑха сыхлас тӗлӗшпе пурнӑҫланӑ ӗҫсем ҫинче чарӑнса тӑчӗ Шупашкар хула Совечӗн ӗҫтӑвкомӗн председателӗн заместителӗ М. Семенова. Ҫак тапхӑрта хулара сменӑра 3 320 ҫын йышӑнакан поликлиника, 800 вырӑнлӑ стационар, икӗ сӗт кухни хута кайнине асӑннӑ. Хула ҫыннисемшӗн ҫителӗклӗ-и вӗсем е ҫук, — паллӑ мар. Кӗскен каласан, абстрактлӑ цифрӑсем. Куллен 1,4 пин хӗрарӑм, чирлӗ ачапа ларса, ӗҫе тухманни вара хулана ертсе пыракансене чӑннипех шухӑшлаттармалла.

Пирӗн республикӑра виҫӗ пин ытла тӑлӑх ача. Пинӗшӗ — интернатсемпе ача ҫурчӗсенче. Ыттисем — ҫемьесенче, ҫитӗннисемпе пӗрле. Мӗнле пурнаҫҫӗ, ӳсеҫҫӗ, вӗренеҫҫӗ? Вӗсен шӑпипе ытларах интересленмелле хӗрарӑмсен совечӗсен.

**В. СМИРНОВА.**

# ИККӖМӖШ НОМЕР

КПСС обкомӗн идеологи пайӗ кӑларакан «Агитатор блокночӗн» иккӗмӗш номерӗ пичетленсе тухнӑ. Вӑл Чӑваш АССР ҫарӗҫ комиссариачӗн политпай начальникӗн В. Шульган «Тӑван ҫӗршыв хӑрушсӑрлӑхӗшӗн» статйипе уҫӑлать. Ӑна февралӗн 23-мӗшне — Совет Ҫарӗпе Тинӗс-Ҫар Флочӗн кунне халалланӑ.

Пӗлтӗрхи январьте «Чувашмебель» пӗрлешӳри предприятисем аренда ҫине куҫнӑ. Аренда предприятийӗсен ассоциацине туса хунӑ. Канашри сӗтел-пукан фабрики те ҫак ассоциацине кӗрет. Мӗнле ӗҫлет-ха вӑл ҫӗнӗ условисенче? Ун ҫинчен «Фабрика арендӑпа ӗҫлет» материала вуласа пӗлме пулать. Авторӗ — В. Прокопьев.

Чӑваш АССР Статистика управленийӗн начальникӗн Н. Желтован «Пирӗн тупӑшсем тата тӑкаксем» статйи те интереслентерме тивӗҫ. Унта пирӗн республикӑри халӑхӑн тупӑшӗсемпе тӑкакӗсем мӗнле пулса пыни ҫинчен каласа панӑ.

Суйлавҫӑсен списокӗ тата ӑна ҫырса хатӗрлемелли йӗркӗ ҫинчен Чӑваш АССР Верховнӑй Совечӗн Президиумӗн инструкторӗ А. Кириллов каласа парать.

Суйлава хатӗрленнӗ май республикӑри пӗчӗк ялсенче агитҫуртсем туса хунӑ. Вӗсен ӗҫӗ-хӗлӗ ҫинчен Шӑмӑршӑ районӗнчи «Коммунизм ҫулӗ» хаҫат редакторӗн заместителӗ Н. Саланлаев ҫырса кӑтартнӑ.

Журналта, вулакансем ыйтнипе, «Вӗсем партин облаҫть организацине ертсе пынӑ» статьяна малалла пичетленӗ.

**Н. БЕЛЕБЕНЦЕВ.**

*Пирĕн календарь*

# ХАЛИЧЧЕНЕХ ПАЛЛĂ МАРЧЧĔ

**Тăван çĕршыв историне лайăхрах пĕлес туртăм юлашки çулсенче палăрмаллах вăйланчĕ. Союзлă республикăсене, автономиллĕ республикăсемпе облаçсене экономикăна, социаллă пурнăçа пĕр пек хăватпа аталантарма çĕнĕ майсем туса парас ыйту хальхи вăхăтра уйрăмах çивĕч тăнă май, 1922 çулта СССРа — федерацие пĕрлешнĕ уйрăм государствăсенчен тăракан союзлă государствăна —мĕнлерех йĕркелени пирки те нумай калаçаççĕ.**

Архиври документсенчен паллă: союзлă договора йышăннă çĕре — Пĕтĕм Союзри Советсен пĕрремĕш съездне — чăваш çĕршывĕнчен пурĕ 14 делегат хутшăннă. Камсем-ха вĕсем? С. А. Коричев, Д. С. Эльмен, М. В. Шевле, И. А. Крынецкий, Г. М. Михайлов, В. Т. Смелов, И. В. Янаслов, Я. П. Ятмăнов, М. Т. Томасов, М. С. Евграфов, Г. Е. Ефимов, Н. М. Иановский, А. П. Никонов, Ф. С. Семенов. Пĕрисем — парти, теприсем — совет работникĕсем. Хуçалăх работникĕсем те темиçей. Делегатсенчен ытларахăшĕ — хресченсем, вуникĕшĕ — чăваш, иккĕшĕ — вырăс. Пурте —коммунистсем, партие 1918—1919 çулсенче кĕнĕ çынсем. Ултăшĕ вăтăра та çитмен пулнă.

Пĕтĕм Союзри Советсен пĕрремĕш съездне хамăр республикăран кайнă кашни çын çинчен тенĕ пекех республика хаçат-журналĕсенче çырнă. Çапла вара, вĕсем халăхра паллă. Çавăнпа та чылай çул каяллах — 60-мĕш çулсенче— Дмитрий Сергеевич Орлована калаçнă чух уиран илтнĕ сăмаха тĕрĕс тесе шутламанччĕ. Вăл хăй 1922 çулта Мускавра Пĕтĕм Российăри Советсен вунпиллĕкмĕш тата Пĕтĕм Союзри Советсен пĕрремĕш съездне хутшăнни çинчен пĕлтерчĕ. Ватăлса пыракансем, çапла ĕнентересе, е пăтраштарать, е хам урăхла ăнлантăм, тесе шутласа илтĕм. Тепĕр хут ыйтма, хăш съездсем пирки каланине документпах çирĕплетсе пама сĕнме аван мар пек туйăнчĕ.

Тĕрĕссипе, Д. С. Орлов тахçан сăмах май хускатнă хайхи самантa пыра-киле маннăччĕ эпĕ. Кăçал, хамăн кивĕ блокнота пăхнă чух, вăл пĕр харăсах икĕ съезда хутшăнни çинчен иксĕмĕр калаçнине çырса хунине асăрхарăм та, вĕçне-хĕрне тупас килсе кайрĕ. Эпĕ ыйтнипе Мускавран — СССР Октябрьти революци государство архивĕнчен — Пĕтĕм Российăри Советсен Х съездĕ уçăлас умĕн Дмитрий Сергеевич Орлов çырса панă анкета хучĕн копине ярса пачĕç. Орлов мана съезда хăйне Пĕтĕм Украинăри Советсен съездĕнче суйласа янине палăртнăччĕ. Тĕрĕсех иккен —анкета хутĕнче те çаплах çырнă.

Малтан эпĕ анкетăра пирĕн ентеш çинчен мар, пачах урăх çын пирки — Дмитрий Сергеевич Орловпа пĕр хушаматлă делегат çинчен сăмах пымасть-ши, тесе иккĕленнĕччĕ. Мĕншĕн тесен пĕр пек хушаматлă, ятлă тата çавăн пекех ашшĕ ятлă çынсем те сахал мар. Дмитрий Сергеевич Орлова Пĕтĕм Российăри Советсен Х, Пĕтĕм Союзри Советсен I съездне хутшăннă тесе каласа, йăнăшасран асăрханнă май, анкетăра кăтартнине унăн биографийĕнчи паллă самантсемпе танлаштарса пăхма тиврĕ. Анкетăра çырнă тăрăх, делегат пулнă Орлов 1922 çулта çирĕм иккĕре. Апла-тăк, 1900 çулта çуралнă. Пирĕн ентеш Орлов та 1900 çулхи. Анкетăра Орлов делегат РКП(б) ретне 1919 çулхи июнĕн 6-мĕшĕнче кĕнĕ, тенĕ. Хам пĕлнĕ Дмитрий Сергеевич та партие шăпах çав вăхăтра кĕнĕ. Çавна КПСС Чăваш обкомĕн парти архивĕнче упранакан документсем те çирĕплетсе параççĕ. Анкетăра каланă — Орлов депутат 1914 çултан тытăнса вĕренни те, ăçта политика пĕлĕвĕ илни те, мĕнле должноçра тăни те хамăр ентешĕнниппе пĕрре килет. Çапла вара, Пĕтĕм Российăри Советсен Х тата Пĕтĕм Союзри Советсен I съездне Д. С. Орлов, «делегат пулса хутшăнтăм» тесе калани тĕрĕсех.

Кунта Орлов çырса панă анкетăн копине пичетленĕ май, ăна вуланă чух шутласа илме пултаратăр: анкетăра вăл Пĕтĕм Российăри Советсен Х съездĕн делегачĕ пулнине çеç кăтартнă-çке, Пĕтĕм Союзри Советсен I съездне хутшăнни пирки сăмах та çук. Тупсăмĕ акă мĕнре: Пĕтĕм Российăри Советсен Х съездĕ вĕçленсен, çав съездра пулнă делегатсем пурте Пĕтĕм Союзри Советсен I съездне хутшăннă, Совет Союзне туса хунă çĕрте пулса, çĕршывшăн пысăк пĕлтерĕшлĕ ыйтăва татса панă. Çавна СССР Октябрьти революци государство архивĕнчен анкета копийĕпе пĕрле чиксе янă хут та çирĕплетет. «Рабочисемпе хресченсен, хĕрлĕ армеецсен тата казаксен Пĕтĕм Российăри Х съездĕнче пулнă депутатсем Пĕтĕм Союзри Советсен I съездне те хутшăннă», — тенĕ унта.

Халĕ Д. С. Орлован кунçулĕ çинчен. Дмитрий Сергеевич Елчĕк районĕнчи Элекçей Тимеш ялĕнче 1900 çулхи февралĕн 1-мĕшĕнче çуралнă. Çапла вара вăл çуралнăранпа 90 çул çитрĕ. КПСС обкомĕн парти архивĕнче упранакан автобиографийĕнче кăтартнă тăрăх, ашшĕ хресчен пулнă, çав вăхăтрах чиркӳ прихучĕн шкулĕнче ял ачисене вулама-çырма вĕрентнĕ. Амăшĕ вулама-çырма пачах пĕлмен. Çемйи пысăк пулнă — вуннăн çын, çав шутра çичĕ ача.

— Атте-анне хуçалăхра пулăшма тăрăшса, ултăрах кил-çуртра ĕçleme пуçларăм. Ялти шкултан вĕренсе тухнă хыççăн Чĕмпĕрти чăваш шкулне кайса кĕтĕм, ăна 1919 çулта пĕтертĕм. Октябрь революцийĕ çĕнтернĕ хыççăн ялта та çĕнĕ пурнăç тума тытăнсан, граждан вăрçи тапранчĕ те, «Совет влаçĕ тытăнса юлатьши?» тесе иккĕленме тытăнчĕç. Икĕ тĕрлĕ вăй — революци майлисемпе ăна хирĕççисем — хаяррăн кĕрешме тапратсан, политика енĕпе аттепе хытă хирĕçрĕм. Вăл — Совет влаç-

...аса илет Дмитрий Сергеевич Совет влаçĕн малтанхи çулĕсене.

Орлова РКП(б) ретне Чĕмпĕрти парторганизаци илнĕ. 1919 çулта Колчак, хăйĕн пысăк çарĕпе наступлени туса, Атăл патнелле çывхарнă вăхăтра кĕпĕрне влаçĕсем коммунистсемпе профсоюз членĕсен çуррине Хĕвелтухăç фронта мобилизацилленĕ. Тин кăна Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнчен вĕренсе тухнă Дмитрий Орлова та Хĕрлĕ Çара илнĕ. Тӳрех фронта ăсатман. Чĕмпĕрти чăваш шкулĕнче вĕреннĕ чухнех кĕпĕрнери чылай вулăссене кайса парти ячейкисем йĕркелесе çӳренĕ; агитацие политика ĕçĕнче пултарулăхне кăтартса панă май, ăна хулара хăварнă. Вăл Чĕмпĕрте йĕркелекен çар чаçĕсенче агитаци ĕçне тунă. Политика пĕлĕвне тата ӳстермĕ РКП(б) кĕпĕрне комитечĕ Орлова Мускава — Свердлов ячĕпе хисеплеекен коммунистла университета янă. Таврăнсан, пĕр вăхăт Чĕмпĕрте РКП(б) кĕпĕрне комитетĕнче ĕçлене.

1920 çул пуçламăшĕнче Орлова, çара илсе, Кăнтăр-Хĕвеланăç фронтне ăсатнă. Вунпилĕкмĕш армире ăна политпай инструкторĕ туса хунă, тĕрлĕ наци салтакĕсем хушшинче ăнлантару ĕçне тума хушнă. Çапăçусене те хутшăннă. Малалла калани ĕнтĕ, Украинăра чух 1922 çулта ăна çарти салтаксем Пĕтĕм Украинăри Советсен съездне суйласа янă. Вăл 44-мĕш дивизири 131-мĕш артиллери полкĕнче политработник пулнă çав çул. Махно бандисене хирĕç мĕнле çапăçнине унтанпа нумай вăхăт иртнĕ хыççăн та лайăх астăватчĕ.

Мĕнле должноçра кăна тăман Орлов граждан вăрçинче: рота, батальон политрукĕ, çар следователĕ. 1926 çулта тин ăна киле янă. Чăваш çĕршывне таврăнсан Шупашкарта

крайри колхозсоюз членĕ туса хунă.

Вăтăрмĕш çулсенче, Хĕвеланăçĕнче фашизм пуç çĕклесен, сыхлăха ӳстерме тивнĕ. Хĕрлĕ Çара тĕрĕклетме опытлă командирсемпе политработниксем ытларах кирлĕ пулнă. Орлова та çара илнĕ. Çар пĕлĕвĕ илсен, Дмитрий Сергеевич Ленинградри пехота училищинче вĕрентнĕ—Хĕрлĕ Çар валли офицерсем хатĕрленĕ. Аслă Отечественнăй вăрçă тапрансан, вăл фронта кайнă. 58-мĕш армире батальон комиссарĕ пулнă ытти должноçсенче те тăнă. Çапăçусене хутшăннă. Салтаксемпе офицерсене политика тĕлĕшĕнчен пиçĕхтерес тĕлĕшпе палăрнăшăн Орлов подполковника Ленин орденĕпе, Хĕрлĕ Çăлтăр, Хĕрлĕ Ялав орденĕсемпе, медальсемпе наградăланă.

Мĕн пенсие тухиччен Дмитрий Сергеевич çарта пулнă. Унăн вăрçă хыççăнхи службин Одесса çар округĕнче иртнĕ. Çар округĕнчи лекторсен ушкăнне ертсе пынă.

— 1919 çулта Мускавра вĕреннĕ чух В. И. Ленина темиçе хутчен те курма, сăмахне итлеме тӳр килчĕ. Унăн ялейисене сарăс тесе, политработник ĕçне суйласа илтĕм, ĕмĕр тăршшĕпех тăрăшрăм. Çулпуçăн мĕнпур ĕçне те тенĕ пекех вуланă, — терĕ Дмитрий Сергеевич пĕррехинче хваттерĕнче каласса ларнă чух.

Пенсие тухнă хыççăн вăл Елчĕкре пурăнчĕ. Идеологи работникĕсен семинарне иртерессĕ-и, ытти çĕрте политика ыйтăвĕпе тухса каласмалла-и, — Орлова чĕнетчĕç. Мĕн чухлĕ ырă ĕç тумарĕ пулĕ вăл Елчĕк районĕнчи парторганизацишĕн.

Совет влаçĕшĕн, халăхшăн, çĕршывшăн пысăк ĕç тунă çынсене манма тивĕç мар эпир. Çавăн пек çынсен шутне Д. С. Орлов та кĕрет. Вăл

I ВСЕРОССИЙСКИЙ СЪЕЗД СОВЕТОВ Раб., Крест., Красн. и Каз. депутатов

АНКЕТНЫЙ ЛИСТ

# ЙĔПЛĔ ÇĂМАХ

## ЮРАТЬ-ХА, ТĔЛĔКРЕ...

...Акă, хăватлă улăп-кран çитсе чарăнчĕ пек. Кунтах — вăрăм кӳмеллĕ трактор тăрать, ахăр. Кран картишĕнчи юрăхсăра тухнă автомашинăсене пĕрин хыççăн теприне йăта-йăта прицеп çине лăчлаттарать. Пĕр машини кран «аллинеə лекесрен хăраса, кустăрмасăрах хапхă патнелле талпăнать. Унта-кунта сапаланса выртакан тимĕр-тăмăр юр айне пытанать пек.

Шупашкарти санитарипе эпидеми станцийĕн главнăй врачĕн хуçалăх енĕпе ĕçлекен заместителĕ Николай Егорович Терентьев, çакна курса тăракансене: «Ай-уй, пĕтерĕççĕ, çаратççĕ, пулăшăр!—тесе кăшкăрса ячĕ пек.

Ăшă вырăн çинче канăçсăрланса выртакана вăратрĕç. Еç-пуç тĕлĕкре пулса иртнешĕн савăнчĕ Николай Егорович. Çапах ĕçе пуля пек тухса вĕçтерчĕ. Темле-ха унта, мур пĕлет-и. Йĕркеллех иккен. Тахçанах юрăхсăра тухнă, тутăхса çĕрсе пĕтме пуçланă тĕрлĕ маркăллă вуникĕ автомашина картишĕнчех. Кăмăл чăнахах та сăкленчĕ.

Юлашки вăхăтра вăл çав машинăсем вырăнтипе вырăнта маррине тĕрĕслесе вĕсем тавра кунне виççĕ-тăватă та утса çаврăнать теççĕ. Мĕн тума пухнă ун чухлĕ техника? Тен, Николай Егорович патшалăха тимĕр-тăмăр ăсатас енĕпе пилĕкçуллăх планне тултарасшăн. Рекорд лартасси иккĕлентерет çав, мĕншĕн тесен пĕлтĕр те плана тултарайман.

О. ОСИН.

## ÇĂВАРНИ ЭРНИ

Хăйĕн ĕйăрĕсемпе ĕрăхтерсе кĕрсе кайрĕ Лаша çулне Василий Григорьев. Ара, ахаль çын мар-çке, «Янгорчино» колхозри 3-мĕш бригадăри аслă конюх! Хытă хăваланипе ăша пиçнĕ лашисем ташласа кăна тăраççĕ.

«Шĕкĕ Ваççа мĕкĕрет, пĕтĕм яла кисретет», — теççĕ çуна çинче сарканланса ларса пыракан Ваççана курсан.. Эрех лĕрккесен, кунĕпех катаччи чупма хатĕр вăл. Эх, мĕнле тӳсеççĕ-ши тулĕк виçĕ кун апат çимен янăварĕсем. Кăна Ваççа кăна пĕлет пулĕ. Лашасемпе вăл хуçа. Лаша çулне кĕнĕ май, унăн темĕнле камит те кăтартма юрать, имĕш.

Чараканни çук. Эппин, юлташсем, камăн кăмăл пур — çăварни эрнине паллă тума пирĕн пата килĕр. Ваççа сире эрехпе те тăраниччен хăналĕ, сунапа та ăш каниччен ярăнтарĕ. Ан кулянăр, Хорисор Çармăсра—«пуçа микретекеннине» таранччĕрах тупма пулать.

П. ШЛЫКОВ.

Вăрнар районĕ.

## ĔЛĔКЕХ ЛАЙĂХЧĔ

Хуть те мĕн калăр та, ĕлĕкех лайăхчĕ. Урана тăлапа çавăрса çăпата сыраттăмăр та, Шупашкара е Чулхулана (хальхи Горький) çуран утсан та шăнмастăмăр. Çăпатисене те хамăрах тунă мар-и.

Халĕ, ав, пурнăç самайланса кайрĕ те, каянлантăмăр пулас. Çăпатине мар, кăçаттине те такам туса парасса кĕтетпĕр. Эпĕ, акă, пĕлтĕрхи ноябрĕн 2-мĕшĕнчех ялти йышăну пунктне икĕ мăшăр çăматă тума çăм кайса патăм. Унтанпа темиçе уйăх иртсе кайрĕ — кăçатти çук. Районти йăла управленине шăнкăравласа хăшкăлтăм. Пулать, теççĕ. Çăва тухсан-и?

Аптранипе тĕрлĕ шухăш пырса кĕрет пуçа. Управленире ĕçлекенсем хăйсем тăхăнса çӳремеççĕ-ши ман кăçатта? Е тата Шупашкарти Кăнтăр пасарне кайса сутса ямарĕç-ши? Тем те курăн ку пурнăçра.

Д. ФЕДОРОВ.

Вăрмар районĕ,
Пинер ялĕ.

## МАНĂÇ ЧИРĔ

Çирĕммĕш ĕмĕрĕн юлашки вунăçуллăхĕнче пурăнакансене мĕнле чир канăç памасть, мĕнле чир ытларах каласçтарать? СПИД, тейĕç чылайăшĕ. Шупашкарти обществăлла транспортра ĕçлекенсен шучĕпе вара склероз чирĕ унран та хăрушăрах. Çав сывмарлăх троллейбуспа е автобуспа ярăнса çӳрекен икĕ уралла «мулкачсем» хушшинче тарăн тымар янă иккен.

— Эй, мĕн каласси пур, хулари транспортра «мулкачсем» çав тери хунаса кайрĕç, — тет троллейбус управленийĕнчи контрольпа ревизи службин пайĕн начальникĕ И. Корнилов.

Çавна пĕлес шутпа эпĕ К. Куропаткина, Г. Храмцова, Р. Сидорова, В. Николаева контролерсемпе пĕрле рейда тухрăм. «Мулкачсене» тытса кăларма нумай вăхăт кирлĕ пулмарĕ: троллейбусăн е автобусăн малти алăкĕнчен кĕрсен, кашни ... иккĕмĕш курсра вĕренет. Укçа шутлама пĕлет ĕнтĕ вăл, çавăнпа билет илме «маннă». Хулари васкавлă медицина пулăшăвĕн больницинчи (БСМП) А. Владимирова санитарка, Кукаçри аптекăри фармацевтика складĕнче ĕçлекен Т. Андреева, лента тĕртекен фабрикăри В. Алексеев рабочи, хулари 4-мĕш профтехучилищĕре вĕренекен А. Ефимов, Е. Ефимова пенсионерка — тепĕр тесен, çав кун штрафланă «мулкачсене» асăнса та пĕтерес çук.

Паллах, обществăлла транспортри йĕркесĕрлĕхсем пассажирсем укçа хĕрхеннипе кăна сыхăнман. Автобус е троллейбус графика пăхăнса çӳременни, лăк тулли салонра тĕрткелеш-

*Пурнăçри тӳнтерлĕхсем*

## ПĔЛСЕХ СУЯТЬ

Пĕлтĕрхи августăн 5-мĕшĕнче тухнă номерте «Çула тухрăм — нуша куртăм» материал пичетленнĕччĕ. Унта эпĕ Етĕрне районĕнчи Кĕçĕн Чутай тĕлĕнчи будкăна йĕркене кĕртменни, ларса канма тенкелсем çукки çинчен пăшăрханса çыртăм.

«Унта саксем вырнаçтарнă», — тесе хуравларĕ район Советĕн ĕçтăвкомĕн председателĕ Ефремов юлташ. Çапла каласа вулакансене лăплантарма пулать ĕнтĕ. Анчах çул çӳрекенсем çав хураври пĕр сăмаха та ĕненмеççĕ, мĕншĕн тесен будкăра тенкел лартман. Кăна хам куçпа куртăм.

Н. ИВАНОВ.

## ÇУРХИ ШЫВ

Тулта — шартлама хĕл, «Герой» колхозăн Чатукасси ялĕ витĕр вăра шăпăртатса шыв юхать. «Çуркунне ситрĕ иккен», — пĕççисене шăрт çапассĕ ваттисем. «Хăçан кании кула ярĕç-ши», — текелесе хут карапсем ăсталассĕ шкул ачисем.

Колхоз пуçлăхĕсем ... çумĕнчи водокачка хăватне тĕрĕслесе пăхма шут тытнă пулас. Вăл хĕррипчен тупса кайнине пăхмасăрах тапăкĕпех шыв уçлассĕ, юхса тухнă шыв çурхи юханшыва еса илтерет. Электричество сути усăсăр пĕтнине никама та шухăшлаттармасть. «Хамăрăн мар, патшалăхăн», — теççĕ те, ĕçĕ пĕтнĕ.

А. ПОРФИРЬЕВ.

Красноармейски районĕ.

... II Всероссийский съезд Советов Раб., Крест., Красн. и Каз. депутатов.

АНКЕТНЫЙ ЛИСТ.

...шăнна», — тенĕ унта.

Халĕ Д. С. Орловăн кунçулĕ çинчен. Дмитрий Сергеевич Елчĕк районĕнчи Элекçей Тимеш ялĕнче 1900 çулхи февралĕн 1-мĕшĕнче çуралнă. Çапла вара вăл çуралнăранпа 90 çул çитрĕ. КПСС обкомĕн парти архивĕнче упранакан автобиографийĕнче каçартнă тăрăх, ашшĕ хресчен пулнă, çав вăхăтрах чиркÿ прихутĕн шкулĕнче вл ачисене вуламашырма вĕрентнĕ. Амăшĕ вуламашырма пачах пĕлмен. Сем... пысак ... пулнă — вунпĕр ... çав шутра çичĕ ача...

— Атте-аннене хуçалăхра пулăшма тăрашса, уттарах кил-çуртра ĕçлеме пуçларăм. Ялти шкултан вĕренсе тухнă хыççăн Чĕмпĕрти чăваш шкулне кайса кĕтĕм, ăна 1919 çулта пĕтертĕм. Октябрь революцийĕ çĕнтернĕ хыççăн ялта та çĕнĕ пурнăç тума тытăнсан, граждан вăрçи тапранчĕ те, «Совет влаçĕ тытăнса юлатьши?» тесе иккĕленме тытăнчĕç. Икĕ тĕрлĕ вăй — революци майлисемпе ăна хирĕççисем — хаяррăн кĕрешме тапратсан, политика енĕпе аттепе хытă хирĕçрĕм. Вăл — Совет влаçне хирĕç, эпĕ çĕнĕ власть пĕтĕмпех тĕрĕс тăвать тĕтĕп, ун майлă. Атте, çирĕп кăмăллă скер, мĕнле каласа ĕнентерме тăрăшсан та, хăйĕннех перет, эпĕ унпа килĕшмĕстĕп. Çапла вара, политика тĕлĕшпе пĕрпĕрне каласа ĕнентерейменсĕр, ялан лăхах уйрăлтăмăр. Эпĕ уйрăм пурăнма тытăнтăм, хама хам тăрантарма пуçларăм, — кележен çар чăсĕсенче агитаци ĕçне тунă. Политика пĕлевне тата ÿстерме РКП(б) кĕпĕрне комитечĕ Орлова Мускава — Свердлов ячĕпе хисеплеенекен коммунистла университета янă. Таврăнсан, пĕр вăхăт Чĕмпĕрте РКП(б) кĕпĕрне комитечĕнче ĕçлене.

1920 çул пуçламăшĕнче Орлова, çара илсе, Кăнтар-Хĕвеланăç фронтне ăсатнă. Вун-тăваттăмĕш армире ăна политпай инструкторĕ туса хунă, тĕрлĕ нации салтакĕсем хушшинче ăнлантару ĕçне тума хушнă. Çапăçусене те хутшăннă. Маларах каланăччĕ ĕнтĕ, Украинăра чух 1922 çулта ăна çарти салтаксем Пĕтĕм Украинăри Советсен съездне суйласа янă. Вăл 44-мĕш дивизири 131-мĕш артиллери полкĕнче политработник пулнă çав çул. Махно бандисене хирĕç мĕнле çапăçнине унтанпа нумай вăхăт иртнĕ хыççăн та лайăх астăватчĕ.

Мĕнле должноçра кăна тăман Орлов граждан вăрçинче: рота, батальон политрукĕ, çар следователĕ. 1926 çулта тин ăна киле янă. Чăваш çĕршывне таврăнсан, Шупашкарта партипе совет шкулĕнче вĕрентнĕ, унăн заведующийĕ те пулнă. Колхоз юхăмĕ пуçланас умĕн тата ялсенче пĕрлешÿллĕ хуçалăхсем йĕркеленĕ тапхăрта ВКП(б) обкомĕ Орлова питĕ ответлă ĕç хушнă — Чувашколхозсоюз председателĕнче ĕçлеттернĕ. Пирĕн республика Чулхула (Горький) крайне кĕнĕ çулсенче ăна ... Ордена, Хĕрлĕ Çăлтăр, Хĕрлĕ Ялав орденĕсемпе, медальсемпе наградăланă.

Мĕн пенсие тухиччен Дмитрий Сергеевич çарта пулнă. Унăн вăрçă хыççăнхи служби Одесса çар округĕнче иртнĕ. Çар округĕнчи лекторсен ушканне ертсе пынă.

— 1919 çулта Мускавра вĕреннĕ чух В. И. Ленина темиçе хутчен те курма, сăмахне итлеме тÿр килчĕ. Унăн ыдейисене сарăр тесе, политработник ĕçне суйласа илтĕм, ĕмĕр тăршшĕпех тăрăшрăм. Суллуçăн мĕнпур ĕçпе те тене лекех вулана, — терĕ Дмитрий Сергеевич пĕррехинче хваттерĕнче каласса ларнă чух.

Пенсие тухнă хыççăн вăл Елчĕкре пурăнчĕ. Идеологи работникĕсен семинарне иртерессĕ-и, ытти çĕрте политика ыйтăвĕпе тухса калаçмалла-и, — Орлова чĕнетчĕç. Мĕн чухлĕ ырă ĕç тумарĕ пулĕ вăл Елчĕк районĕнчи парторганизацишĕн.

Совет влаçĕшĕн, халăхшăн, çĕршывшăн пысăк ĕç тунă çынсене манма тивĕç мар эпир. Çавăн пек çынсен шутне Д. С. Орлов та кĕрет. Вăл ССР Союзне туса хума хутшăннă Чăвашъен çыннисенчен тата тепри — вуниккĕмĕшĕ.

**И. МАТРОСОВ.**

**Ÿкерчĕксем çинче:** Д. С. Орлов. Пĕтĕм Российăри Советсен X съезчĕ умĕн Орлов çырса хатĕрленĕ анкета.

Ю. Дмитриев фоторепродукцийĕсем.

---

...са кайрĕ те, канлантăмăр пулас. Çăпатине мар, кăçаттине те такам туса парасса кĕтетпĕр. Эпĕ, акă, пĕлтĕрхи ноябрĕн 2-мĕшĕнчех ялти йышăну пунктне икĕ мăшăр çĕматă тума çăм кайса патăм. Унтанпа тере ĕçлекенсем хăйсем тăхăнса çÿремессĕ-ши ман кăçатта? Е тата Шупашкарти Кăнтăр пасарне кайса сутса ямарĕç-ши! Тем те курăн ку пурнăçра.

**Д. ФЕДОРОВ.**

Вăрмар районĕ, Пинер ялĕ.

**И. ИВАНОВ.**

## МАНĂÇ ЧИРĔ

Çирĕммĕш ĕмĕрĕн юлашки вунăçуллăхĕнче пурăнакансене мĕнле чир канăç памасть, мĕнле чир ытларах калаçтарать? СПИД, тейĕç чылайăшĕ. Шупашкарти обществăлла транспортра ĕçлекенсен шучĕпе вара склероз чирĕ унран та хăрушăрах. Çав сывмарлăх троллейбуспа е автобуспа ярăнса çÿрекен икĕ ураллă «мулкачсем» хушшинче тарăн тымăр янă иккен.

— Эй, мĕн каласси пур, хулари транспортра «мулкачсем» çав тери хунаса кайрĕç, — тет троллейбус управленийĕнчи контрольпе ревизи службин пайĕн начальникĕ И. Корнилов.

Çавна пĕлес шутпа эпĕ К. Куропаткина, Г. Храмцова, Р. Сидорова, В. Николаева контролерсемпе рейда тухрăм. Кассăна 5 пус парахма хĕрхенекенсем, чăнах та, чылайăн тупăнчĕç. Сăмахран, Т. Иванова планпа экономика техникумĕнче иккĕмĕш курсра вĕренет. Укçа шутлама пĕлет ĕнтĕ вăл, çавăнпа билет илме «манчĕ». Хуларн васкавлă медицина пулăшăвĕн больницинчи (БСМП) А. Владимирова санитарка, Кÿкеçри аптекăри фармацевтика складĕнче ĕçлекен Т. Андреева, лента тĕртекен фабрикăри В. Алексеев рабочи, хулари 4-мĕш профтехучилищĕре вĕренекен А. Ефимов, Е. Ефимова пенсионерка — тепĕр тесен, çав кун штрафланă «мулкачсене» асĕнса та пĕтерес çук.

Паллах, обществăлла транспортри йĕркесĕрлĕхсем пассажирсем укçа хĕрхеннипе кăна сыхăнман. Автобус е троллейбус графика пăхăнса çÿременни, лăк тулли салонра тĕрткелешсе-хĕсĕнсе пыни, пĕрлехи çул билечĕсене туянма хĕн пулни те тăкаксем патне илсе çитерет.

**А. ЛЕНЬКИН.**

## ÇУРХИ ШЫВ

Тулта — шартлама хĕл, «Геройс колхозăн Четукасси ялĕ витĕр вара шапĕртетсе шыв юхать. «Сĕрпуçне ситрĕ микен», — пĕççисене шерт çапăççĕ ваттисем. «Хăçан каникула ярĕç-ши», — тилĕрес тут карапсем ăсталасçĕ шкул ачисем.

Колхоз пуçлăхĕсем ял çумĕнчи водокачка хăватне тĕрĕслесе пăхма шут тытнă пулас. Вăл хĕрринчи тулса кайнине пăхмасăрах тапăкĕпех шыв ÿсласçĕ, юхса тухнă шыв çурхи юханшыва аса илтерет. Электричество сути усăсăр пĕтни никама та шухăшлаттармасть. «Хамăрăн мар, патшалăхăн», — теççĕ те, ĕçĕ пĕтнĕ.

**А. ПОРФИРЬЕВ.**

Красноармейски районĕ.

## ХУРАЛТА

Тĕлĕнмелле ĕçсем пулса иртеççĕ Çĕрпÿ районĕнчи «Коммунар» совхозра. Пĕлтĕрхи сентябрь вĕçĕнче совхоз газовикне Иван Сергеевича пушă газ баллонĕ парса янăччĕ. Ун хыççăн çав баллон пăнч çухалчĕ. Çÿлтен аннă «паллă мар вĕçекен турилккесем» йăтса кайрĕç-ши çав нимĕ тăман япалана? Ахăртнех, мĕн-ши ку, тесе тĕпчесе ларассĕ ĕнтĕ халь. Газовик та татса калаймасть, хулпуççине сиктеркелет кăна.

Укçине те тÿленĕччĕ эп совхоз кассине. Халĕ, ав, пилĕк кун та газсăр ларатăп. Газ кÿрсе килессине пĕлсенех ватă çынсем хурала тăраççĕ. Кунне-çĕрне пăхмасăр сивĕре шăл шаккаса тăма хатĕр вĕсем. Газ нуши тĕме те вĕрентет. Шел, совхоз директорне, хисеплĕ Евгений Федоровича, пирĕн терт-асап кулянтармасть пулас. Ара, ытти хуçалăхсенче баллонсене машинăпа килĕрен валеçсе çÿренĕрен калатăпха кăна. Йывăра ан илтĕр.

**Ф. ДМИТРИЕВ.**




— Эпир никам ыйтăвне те хурав памасăр хăвармастпăр. Халăхпа ĕçлеме пĕлес пулать...

Г. Яковлев ÿкерчĕкĕ.

---

# ÇУРĂХ ÇĔРШЫВСЕНЧЕ

## Канашлу уçăлнă

КИТО. (ТАСС). Февралĕн 2-мĕшĕнче Эквадор столицинче Кăнтăр Америкăри çĕршывсенчи коммунистсен партийĕсен 4-мĕш канашлăвĕ уçăлнă.

Канашлу ĕçне Кăнтăр Америкăн вунă çĕршыври компартисен представителĕсем хутшăнаççĕ. Çавăн пекех унта Центрти Америкăри, Кариб бассейнĕнчи тата Европăри коммунистсен партийĕсемпе сулахайри партисен делегацийĕсене сăнавçăсем пулса хутшăнма чĕннĕ. Эквадорти компартин Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕ — Рене Можэ пĕлтернĕ тăрăх, канашлура США Панамăна хĕçпăшалпа тапăнса кĕнĕ хыççăн регионта пулса тăнă лару-тăру, регионти çĕршывсен ытти государствăсем умĕнчи парăмĕсем, Латинла Америкăри государствăсене интеграцилесси çинчен сÿтсе явмалла. Кăнтăр Америкăри компартисен хальхи условисенчи задачисене палăртмалла.

## Президента суйланасшăн

НЬЮ-ЙОРК, февралĕн 1-мĕшĕ. (ТАСС). Америкăри кабель телевиденийĕн магначĕ Тэд Тэрнер çитес суйлавра хăй президента суйланмашкăн кандидата тăма пултарасси çинчен каланă.

55 çулхи мультимиллионер иртнĕ юнкун Джорджия штатĕнчи Атланта хулинчи пресс-клубра иртернĕ апат вăхăтĕнче сăмах каланă. США экономикăра кризис тÿсес пулсан, эпĕ президента суйланасшăн ăмăртма хутшăннă пулăттăм, тенĕ вăл. Си-эн-эн телекомпанин пуçлăхĕ пулнă май Тэд Тэрнер çапла каланă: иртнĕ ытларикун М. С. Горбачев КПСС Центральнăй Комитечĕн Генеральнăй секретарĕнчен тухма пултарасси çинчен пĕлтерни вăл — сăмах вĕççĕн саралнă хыпар кăна. Çак хыпара Си-эн-эн тĕлĕнтермĕш çĕнĕ хыпар вырăнне мар, ăнсăртран саралнă сăмах вырăнне çеç хурать, тенĕ телекомпани пуçлăхĕ.

## Машинăсен шучĕ чакать

УЛАН-БАТОР. (ТАСС). Монгол Халăх Республикин Министрсен совечĕ службăра усă курмалли çăмăл автомобильсен шутне чакарасси çинчен постановлени йышăннă. «Унэн» хаçат министрсем, государство комитечĕсемпе центрти ведомствăсен руководителĕсем аймаксене хăйсене çирĕплетсе панă машинăсемпе кайса çÿрессине парахăçлани çинчен пĕлтернĕ. Малашне вĕсен централизациленĕ автохуçалăхран машина ыйтса илмелле пулать.

Министрсен тата государство комитечĕсен председателĕсен, ытти ведомствăсен руководителĕсен заместителĕсен, çавăн пекех халăх депутачĕсен аймак тата хула хуралĕсен председателĕсен заместителĕсен ĕçри машинăсемпе усă курмалли право пулмасть.

## Правительство вырăнтан тухнă

СОФИЯ, февралĕн 2-мĕшĕ. (ТАСС). Иртнĕ кĕçнерникун каçхине Болгари правительстви вырăнтан тухнă. Çакăн çинчен БТА агентстви пĕлтернĕ.

Болгари Халăх Республикин Министрсен совечĕн председателĕ Георгий Атанасов правительство вырăнтан тухасси çинчен калакан çырăва НРБ Халăх пухăвĕн председательне Станко Тодорова панă. Правительствăна нацисен анлă никĕсĕ çинче туса хумалла, тенĕ çырура.

## СШАн çар доктрини улшăнать-и?

**АПН КОРРЕСПОНДЕНЧĔ НИКОЛАЙ ЧЕРВОВ ГЕНЕРАЛ-ПОЛКОВНИКПА — СССР ХĔÇПĂШАЛЛĂ ВĂЙĔСЕН ГЕНЕРАЛЬНĂЙ ШТАБĔН УПРАВЛЕНИЙĔН НАЧАЛЬНИКĔПЕ, ВЕНĂРА ÇАР ДОКТРИНИСЕМ ТĂРĂХ ИРТТЕРНĔ СЕМИНАРА ХУТШĂННĂ СОВЕТ ДЕЛЕГАЦИЙĔН ЧЛЕНĔПЕ КАЛАÇНĂ. ĂНА ХĂШПĔР ЫЙТУСЕМ ÇИНЕ ОТВЕТЛЕМЕ ЫЙТНĂ.**

**ЫЙТУ:** США çар доктринин принциплă положенийĕсенче Америка доктринине оборона тĕллевĕсемпе çеç палăртас енĕпе позитивлă улшăнусем пулса иртĕççĕ тесе калама пулать-и?

**ОТВЕТ:** Позитивлă улшăнусем пулса иртĕççĕ. Эпир çакна курмасăр тăма пултараймастпăр. НАТО совечĕн 1989 çулхи декабрьти сессийĕн заявленийĕнче Çурçĕр Атлантика союзĕн, США унта тĕп вырăн йышăнать, тĕп тĕллевĕ вăрçа сирсе ярасси пулнине палăртнă. Пĕр сăмахпа, çак заявленипе хаклас пулсан, США вăрçа хирĕç, ăна сирсе ярассишĕн кĕрешет. Çак официаллă заявлени çар доктринине позитивлă улшăнусем пулса иртнине кăтартса парать. Кирек мĕнле пулсан та эпир ăна çавăн пек хаклатпăр.

Практикăллă ĕçсенче те, урăхла каласан США çар строительствинче, хĕçпăшаллă вăйсене оборона тĕллевĕсемпе çеç тытса тăрас енĕпе лайăх улшăнусем палăраççĕ. Кунта эпĕ çар расхочĕсене, хĕçпăшаллă вăйсен хисепне чакарма шутланине, çавăн пекех Дж. Буш президентпа К. Пауэлл генерал США Европăри хăйĕн çар вăйĕсене чакарма шутлани çинчен пĕлтернине шута илетĕп.

Çав вăхăтрах ку тĕлĕшпе халлĕхе тарăн улшăнусем пулса иртменнине палăртмалла. Чи малтанах кунта США па унăн НАТОри союзникĕсем вăйпа хăратмалли политикăран, «ядерлă хĕçпăшалпа хăратса тăмалли» концепцирен пăрăнманни çинчен сăмах пырать. НАТО Совечĕн 1989 çулхи май уйăхĕнче Брюссельте ирттĕрнĕ сессийĕн мĕнпур документĕсене тимлĕ тишкерес пулсан, вĕсенче хăшпĕр хирĕ-хирĕçÿлĕхсем пуррине асăрхатăн: вĕсенче хĕçпăшаллă вăйсемпе çыхăннă çĕнĕллĕ шухăшлав тĕслĕхĕсем «сивĕ вăрçă» тапхăрĕнчи шухăшлавпа çыхăнса тăраççĕ.

**ЫЙТУ:** К. Пауэлл генерал США çар доктринипе паллаштарса, тинĕс-çар вăйĕсем территорие хăйсем тĕллĕн тытса илме тата вăрçăсенче çĕнтерме пултарайманни çинчен каларĕ. Тархасшăн, çак сăмахсене ăнлантарса парсамăр.

**ОТВЕТ:** Хальхи вăхăтра лару-тăру та, хĕçпăшал та территорие тытса илни пур чухне те кирлĕх маррине кăтартса параççĕ. Тинĕс-çар вăйĕсем усă куракан хатĕрсемпе вăйлă тапăнсан, территорие тытса илме те кирлĕ мар. Ку вăл пĕрремĕшĕнчен. Иккĕмĕшĕнчен, тинĕс-çар вăйĕсем тинĕс пехотинчен — тăшман плацдармне çеç мар, чылай пысăк территорие тытса илме пултаракан тинĕс пехотин пысăк çар вăйĕсенчен тăраççĕ.

Урăхла каласан, эпĕ К. Пауэлл генерал çапла çирĕплетнипе килĕшместĕп.

**В. НАЗАРЕНКО,**
**АПН спецкорĕ.**

Вена.

---

# ШĂЛСĂР ЮЛĂН

Куславккана çитсен, кус лавккана, теççĕ-и-ха? Аталанусăр тапхăрта çуралнă çак халăх каларăшне асра тытса, эпир те хула торгĕн 2, 4, 6, 11-мĕш магазинĕсене пăхса çаврăнтăмăр. Ара, Куславккари çăкăр комбинатĕнчен тухнă çăкăр-булка тата кондитер изделийĕсене тутанса пăхас килчĕ-çке, тата ача-пăча валли кучченеç туянас шухăш çуралчĕ.

Эй, кунти пек пуян сентресене нихăш район центрĕнче те курман: кăмăлу пулсан, темиçе тĕрлĕ печени, премĕк, канихвет туянма пултаратăн. Çăкăр комбиначĕн директорĕ А. А. Соловьев халăха кондитер изделийĕсемпе ытлă-çитлĕ тивĕçтерессишĕн нумай тăрăшать пулас. Тавта...

Чим-ха, тав тума васкар мар. Пысăк саватсене мĕн мулпашкисем тултарнă-ши! Пăхсан, печени пекех туйăнаç-çĕ-ха вĕсем, анчах темшĕн хăйсем çуркаланса пĕтнĕ, пĕрпĕрин çумне çилĕм пек çыпăçса шак! хытса ларнă. Пуртăпа аран-аран уйăратăн. Хăшĕ-пĕрин çийĕ çуннă, хăмăр тĕс çапнă.

— Куславккасен рецептĕпе пĕçернĕ премĕксем кусем, — вăйпах сĕнеççĕ пире сутăссем.

«Куславккасен мар, Соловьев хăй уйрăм рецептпа пĕçернĕскерсем пуль вĕсем. Эпир тĕрĕсленĕ 459 килограмм кондитер изделийĕсене пăрахăçлама тиврĕ-çке. Пирĕн кус умне пулманни тата унчченсутни мĕн чухлĕ-ши? Комбинат пуçлăхĕсем брак мĕншĕн тухнине пĕлмеççĕ те тейĕн. Сăмахран, кунти премĕк-печени пĕçермелли ĕç режимне вуçех пăхăнмаççĕ, изделисене вĕри кăмакаран кăларнă-кăларманах хут ещĕксене чăмтараççĕ те, лешсем сентре çине кайса выртиччĕнех пĕр-пĕринпе пĕрлешсе-çыпăçса параççĕ. Тепĕр майлă каласан — «мăшăрланаççĕ». Хатĕр продукцие кус хупса, пахалăх удостоверенийĕсĕрех тиесе яраççĕ.

Çакă та тĕлĕнтерчĕ. Сутуилÿре ĕçлекенсем, комбинатран стандарта тивĕçтерменпродукци килнĕ пулин те, пĕлтĕр изделисене пĕрре те тавăрса паман. Тавар сутăнатьи, сутăнмасть-и — вĕсемшĕн пурпĕрех мар-и? Çирĕп ыйтманни комбинат пуçлăхĕсене те канлĕн пурăнма май парать.

Кус лавккана теççĕ те, çук çав, чул пек хытса ларнă премĕкпа çисе шăлсăр юлас килмест.

**А. КУЛИКОВА,**

Государство суту-илÿ инспекцийĕн республикăри управленийĕн инспекторĕ.

